ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
7
ШАМАТКУН
№ 47 (8956)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Парти хăйĕн чи кирлĕ задачисенчен пĕри çакă пулать тесе шутлать: коммунистсене тата мĕнпур ĕçсынниcене политика енĕпе питех те сыхă пулма, шалти тата тулашри тăшмансене хирĕç ним килĕшмесĕр çирĕп кĕрешме вĕрентсе пымалла.**

(КПСС Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ чĕнсе каланинчен).

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕн, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн пĕрлехи ларăвĕ йышăннă

# ПОСТАНОВЛЕНИ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ, СССР Верховнăй Совет Президиумĕ пирĕн партипе çĕршывшăн килсе тухнă çак йывăр вăхăтра партипе правительствăн питех те кирлĕ задачи вăл—çĕршывăн пĕтĕм пурнăçне йĕркеллĕн те тĕрĕс ертсе пымалла тăвасси пулать тесе шутлаççĕ, çакă вăл, хăй черечĕпе, руководствăна питĕ пĕтĕçүллĕ пулма, нимĕнле йĕркесĕрлĕх те тата паника та пулмалла мар тума хушать, çапла вара пирĕн партипе правительство туса хатĕрленĕ политикăна хамăр çĕршывăн шалти ĕçĕсем енĕпе те, тĕнчери ĕççем енĕпе те ăнăçлăн пурнăçа кĕртсе пымалла пултăр.

Çакна шута илсе тата государствăпа парти органĕсен ĕçне ертсе пырас тĕлĕшре нимĕнле чăрмавсем те ан пулччăр тесе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партипе государство руководствине организацилĕс енĕпе чылай ĕçсем туса ирттерме кирлĕ тесе йышăнаççĕ.

### I.

### СССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕН ПРЕДСЕДАТЕЛЕ ТАТА ПРЕДСЕДАТЕЛЕН ПЕРРЕМЕШ ЗАМЕСТИТЕЛЕСЕМ ÇИНЧЕН

1. СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма Георгий Максимилианович Маленков юлташа уйăрса лартас.

2. СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕсем пулма Лаврентий Павлович Берия, Вячеслав Михайлович Молотов, Николай Александрович Булганин, Лазарь Моисеевич Каганович юлташсене уйăрса лартас.

### II.

### СССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕН ПРЕЗИДИУМЕ ÇИНЧЕН

1. СССР Министрĕсен Советĕнче икĕ орган вырăнне — Президиум тата Президиум Бюровĕ вырăнне пĕр орган—СССР Министрĕсен Совечĕн Президиумĕ пулма кирлĕ, тесе йышăнас.

2. СССР Министрĕсен Совечĕн Президиумĕн составне—СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕсем кĕмелле тăвас.

### III.

### СССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМЕН ПРЕДСЕДАТЕЛЕ ÇИНЧЕН

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма Климент Ефремович Ворошилов юлташа уйăрса лартма, çак ĕçрен Николай Михайлович Шверник юлташа хăтарма сĕнес.

* * *

### СССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМЕН СЕКРЕТАРЕ ÇИНЧЕН

1. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ пулма Николай Михайлович Пегов юлташа уйăрса лартас, ăна КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

2. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн хальхи Секретарьне Александр Федорович Горкин юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕн заместителĕ пулма уйăрса лартас.

### IV.

### СССР ШАЛТИ ЕÇСЕН МИНИСТЕРСТВИ ÇИНЧЕН

СССР Государство Хăрушсăрлăх министерствипе СССР Шалти ĕçсен министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Шалти ĕçсен министерстви тăвас.

### СССР ШАЛТИ ЕÇСЕН МИНИСТРЕ ÇИНЧЕН

СССР Шалти ĕçсен министрĕ пулма Лаврентий Павлович Берия юлташа уйăрса лартас.

### V.

### СССР ЮТ ÇЕРШЫВ ЕÇЕСЕН МИНИСТРЕ ТАТА МИНИСТР ЗАМЕСТИТЕЛЕСЕМ ÇИНЧЕН

1. Вячеслав Михайлович Молотов юлташа СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕ пулма уйăрса лартас.

2. СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕн пĕрремĕш заместителĕсем пулма Андрей Януарьевич Вышинскипе Яков Александрович Малик юлташсене уйăрса лартас.

3. Василий Васильевич Кузнецов юлташа СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕн заместителĕ пулма уйăрса лартас.

4. Андрей Януарьевич Вышинский юлташа ССР Союзĕн ООН-ри яланхи представителĕ пулма уйăрса лартас.

### VI.

### СССР ÇАР МИНИСТРЕ ТАТА ÇАР МИНИСТРЕН ПЕРРЕМЕШ ЗАМЕСТИТЕЛЕСЕМ ÇИНЧЕН

1. Совет Союзĕн маршалне Николай Александрович Булганин юлташа СССР Çар министрĕ пулма уйăрса лартас.

2. СССР Çар министрĕн пĕрремĕш заместителĕсем пулма Совет Союзĕн маршалне Александр Михайлович Василевский юлташа тата Совет Союзĕн маршалне Георгий Константинович Жуков юлташа уйăрса лартас.

### VII.

### ШАЛТИ ТАТА ТУЛАШРИ СУТУ-ИЛУ МИНИСТЕРСТВИ ÇИНЧЕН

СССР Тулашри суту-илӳ Министерствипе Суту-илӳ Министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ Министерстви тăвас.

### СССР ШАЛТИ ТАТА ТУЛАШРИ СУТУ-ИЛУ МИНИСТРЕ ТАТА МИНИСТРАН ЗАМЕСТИТЕЛЕСЕМ ÇИНЧЕН

1. Анастас Иванович Микоян юлташа СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ Министрĕ пулма уйăрса лартас.

2. СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ Министрĕн пĕрремĕш заместителĕ пулма Иван Григорьевич Кабанов юлташа тата Министрăн заместителĕсем пулма Павел Николаевич Кумыкинпа Василий Гаврилович Жаворонков юлташсене уйăрса лартас.

### VIII.

### МАШИНОСТРОЕНИ МИНИСТЕРСТВИ ÇИНЧЕН

Автомобильпе трактор промышленность министерствине, Машиностроенипе приборостроени министерствине, Ялхуçалăх машиностроени министерствине тата Станкостроени министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Машиностроени министерстви тăвас.

### МАШИНОСТРОЕНИ МИНИСТРЕ ÇИНЧЕН

Максим Захарович Сабуров юлташа Машиностроени Министрĕ пулма уйăрса лартас, ăна СССР Госплан Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

* * *

### ТРАНСПОРТПА ЙЫВАР МАШИНОСТРОЕНИ МИНИСТЕРСТВИ ÇИНЧЕН

Транспорт машиностроени министерствине, Судостроени промышленность министерствине, Йывăр машиностроени министерствине тата Строительствăпа çул-йĕр машиностроени министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Транспортпа йывăр машиностроени министерстви тăвас.

### ТРАНСПОРТПА ЙЫВАР МАШИНОСТРОЕНИ МИНИСТРЕ ÇИНЧЕН

Вячеслав Александрович Малышев юлташа Транспортпа йывăр машиностроени Министрĕ пулма уйăрса лартас.

* * *

### ЭЛЕКТРОСТАНЦИСЕМПЕ ЭЛЕКТРОПРОМЫШЛЕННОСТЬ МИНИСТЕРСТВИ ÇИНЧЕН

Электростанцисен министерствине, Электропромышленность Министерствине тата Çыхăну хатĕрĕсем тăвакан промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Электростанцисемпе электропромышленность министерстви тăвас.

### ЭЛЕКТРОСТАНЦИСЕМПЕ ЭЛЕКТРОПРОМЫШЛЕННОСТЬ МИНИСТРЕ ÇИНЧЕН

Михаил Георгиевич Первухин юлташа Электростанцисемпе электропромышленность Министрĕ пулма уйăрса лартас.

### IX.

### СССР ГОСПЛАНЕН ПРЕДСЕДАТЕЛЕ ÇИНЧЕН

СССР Госпланĕн Председателĕ пулма Григорий Петрович Косяченко юлташа уйăрса лартас.

### X.

### ВЦСПС ПРЕДСЕДАТЕЛЕ ÇИНЧЕН

Николай Михайлович Шверник юлташа ВЦСПС Председателĕ пулма уйăрса лартма, çак ĕçсенчен Василий Васильевич Кузнецов юлташа хăтарма сĕнес.

### XI.

### КПСС ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧЕН ПРЕЗИДИУМЕПЕ КПСС ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧЕН СЕКРЕТАРЕСЕМ ÇИНЧЕН

1. КПСС Центральнăй Комитетĕнче Центральнăй Комитетăн икĕ органĕ вырăнне—Президиум тата Президиум Бюровĕ вырăнне, парти Уставĕнче кăтартнă пек, пĕр орган—КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕ пулма кирлĕ тесе йышăнас.

2. Ытларах оперативлă ертсе пымалла пултăр тесе, Президиум составĕнче 10 член тата 4 кандидат пулмалла тăвас.

3. КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумне çак юлташсене кĕртсе çирĕплетес:

ЦК Президиумĕн членĕсем—Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов, К. Е. Ворошилов, Н. С. Хрущев, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, М. З. Сабуров, М. Г. Первухин юлташсем.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиум членĕсен кандидачĕсем—Н. М. Шверник, П. К. Пономаренко, Л. Г. Мельников, М. Д. Багиров юлташсем.

4. КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕсем пулма С. Д. Игнатьев, П. Н. Поспелов, Н. Н. Шаталин юлташсене суйлас.

5. Н. С. Хрущев юлташăн пуринчен ытла КПСС Центральнăй Комитетĕнче ĕçлемелле тесе йышăнас, çавăнпа та ăна КПСС Мускав Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

6. КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарьне Н. А. Михайлов юлташа КПСС Мускав комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ пулма çирĕплетес.

7. П. К. Пономаренкопа Н. Г. Игнатов юлташсене, вĕсем СССР Министрĕсен Советне ертсе пырас ĕçе куçнă май, тата Л. И. Брежнев юлташа, вăл Тинĕс-Çар Министерствин Политуправлени начальникĕ пулса ĕçлеме куçнă май, КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕсен ĕçĕсенчен хăтарас.

### XII.

### СССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕЧЕН ТАВАТТАМЕШ СЕССИНЕ ПУХАССИ ÇИНЧЕН

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Пĕрлехи ларăвĕ йышăннă тата СССР Верховнăй Совечĕ çирĕплетме тивĕçлĕ решенисене пăхса тухма 1953 çулхи мартăн 14-мĕшĕнче Мускав хулинче СССР Верховнăй Совечĕн Тăваттăмĕш сессине пухас.

*Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ.* *ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ.* *СССР Верховнăй Совет Президиумĕ.*

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитетне ССР Союзĕн Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совет Президиумне

РСФСР Министрĕсен Совечĕпе Верховнăй Совет Президиумĕ пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле пирĕн партипе çĕршыва килсе тухнă йывăр çухату пирки — И. В. Сталин юлташ вилнĕ пирки чĕререн хурланаççĕ.

Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн аслă çулпуçĕпе учителĕн, Ленин соратникĕн тата унăн ĕçне генилле малалла илсе пыраканĕн, Совет государствине тăваканĕн тата ăна ăслăн ертсе пыраканĕн—Иосиф Виссарионович Сталинăн вилĕмсĕр ячĕ совет халăхĕпе пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен чĕринче ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕç.

РСФСР Министрĕсен Совечĕпе Верховнăй Совет Президиумĕ Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитетне, ССР Союзĕн Министрĕсен Советне тата СССР Верховнăй Совет Президиумне çапла шантарса калаççĕ: çак хурлăхлă кунсенче Россия Федерацийĕнчи ĕççыннисем, пирĕн çĕршыври пĕтĕм халăх пекех, тăванла аслă çемьере коммунистсен партийĕн Сталинла Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçеççĕ, пĕрлĕхпе пĕтĕçӳлĕх, çирĕп ăс-хакăл, сыхăлăх кăтартĕç тата хăйсен пĕтĕм вăй-хăватне пирĕн çĕршывра коммунизм тăвассишĕн парĕç.

**РСФСР Министрĕсен Совечĕ.** **РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ.**

1953 çулхи мартăн 6-мĕшĕ.

### МУСКАВ

### СОВЕТ СОЮЗЕНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕТНЕ ССР СОЮЗЕН МИНИСТРЕСЕН СОВЕТНЕ СССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМНЕ

КПСС Чăваш обкомĕ, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ тата Верховнăй Совет Президиумĕ, Советлă Чăваш республикинчи коммунистсемпе пĕтĕм ĕççыннисен ячĕпе, Ленин ĕçне малалла туса пынă гений, пирĕн хаклă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕшĕн чунтан-чĕререн хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

Сталин ячĕ пирĕн партишĕн, совет халăхĕшĕн, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн калама çук хаклă. Ленинпа пĕрле Сталин юлташ Коммунистсен хăватлă партине туса çитĕнтернĕ, Октябрьти Социализмлă Аслă Революцие хавхалантараканĕ тата унăн çулпуçĕ пулнă, тĕнчери пĕрремĕш социализмлă государствăн никĕсне хураканĕ пулнă. Сталин юлташ ăслă ертсе пынипе совет халăхĕ социализмла общество турĕ, иккĕмĕш тĕнче вăрçинче фашизмăн хура вăйĕсене аркатса аслă çĕнтерӳ турĕ, этемлĕхе фашизм чуралăхĕн хăрушлăхĕнчен хăтарчĕ. Сталин юлташ партие тата пĕтĕм халăха ССР Союзĕнчи коммунизм тумалли аслă та уçăмлă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ.

Сталин юлташ пирĕн çĕршыври мĕнпур халăхсене пĕрлĕхлĕ çирĕп çемьене пĕтĕçтерчĕ. Ленин тата Сталин ертсе пынипе чăваш халăхĕ, аслă вырăс халăхĕпе Совет Союзĕнчи ытти халăхсем тăванла пулăшнипе, ĕлĕк кая юлнинчен хăтăлчĕ, хăйĕн государственноçне туса хучĕ, малта пыракан социализмлă нацисенчен пĕри пулса тăчĕ. Чăваш АССР-ĕнчи ĕççыннисем яланах Сталин юлташ атте пекех тăрăшнине туйса пурăнчĕç. Сталин юлташ: халăхсен туслăхĕ пысăк ĕç, çак туслăх пур чухне Совет Союзĕнчи халăхсене никам та çĕнтереймĕ, тесе кăтартса пачĕ,—унăн çак кăтартăвне чăваш халăхĕ, Совет Союзĕнчи ытти мĕнпур халăхсем пекех, яланах асра тытса ĕçлесе пырĕ.

Сталин юлташ вилни пирĕн партишĕн, пирĕн çĕршыври тата пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн пысăкран та пысăк йывăр çухату пулса тăрать.

Çак хурлăхлă кунсенче Чăваш АССР-ĕнчи ĕççыннисем, Совет Союзĕнчи пĕтĕм ĕççыннисем пекех, хамăрăн тăван Коммунистсен партийĕ, унăн ленинла-сталинла Центральнăй Комитечĕ тата Совет правительстви тавра татах та тачăрах пĕтĕçеççĕ, çирĕп кăмăллă та сыхă пулаççĕ, коммунизм строительствинче пысăкрах хăватпа ĕçлеме, Совет государствин оборона пултарулăхĕпе хăватне ывăнма пĕлмесĕр ӳстерсе пыма, шалти тата тулашри тăшмансене хирĕç нимĕн килĕшмесĕр çирĕппĕн кĕрешсе пыма тупа тăваççĕ.

Сталинăн вилĕмсĕр ячĕ, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешмелли ялав пулса, пĕтĕм совет халăхĕн, Чăваш республикинчи ĕççыннисен чĕринче яланах пурăнĕ.

Сывă пултăр Марксăн—Энгельсăн—Ленинăн—Сталинăн пурне те çĕнтерекен аслă вĕрентĕвĕ!

Сывă пултăр пирĕн социализмла хăватлă Тăван çĕршыв!

Сывă пултăр пирĕн паттăр совет халăхĕ!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, унăн ленинла-сталинла Центральнăй Комитечĕ!

**КПСС Чăваш обкомĕ.** **Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ.** **Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ.**

### МУСКАВ

### СОВЕТ СОЮЗЕНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕТНЕ ССР СОЮЗЕН МИНИСТРЕСЕН СОВЕТНЕ СССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМНЕ

КПСС Шупашкар хула комитечĕпе ĕççынни депутачĕсен хула Совечĕ Шупашкар хулинчи парторганизацири мĕнпур коммунистсен тата хулари ĕççыннисен ячĕпе пирĕн юратнă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕшĕн чунтан-чĕререн хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

Шупашкар хулинчи ĕççыннисем пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле çак питĕ пысăк çухатушăн хытă хурланаççĕ.

Хурлăхлă кунсенче ялавсене усăнтарса, Шупашкар хулинчи коммунистсемпе ĕççыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçеççĕ, пĕтĕм вăй-хăватпа хастарлăха хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçе параççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет государствине туса çирĕплетсе пырас ĕçе, хамăр çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе хăйĕн пĕтĕм пурнăçне панă хаклă Иосиф Виссарионович Сталинăн çутă сăнарĕ коммунизм пĕтĕмпех çĕнтерессишĕн чунтан-чĕререн кĕрешме ыра тĕслĕх кăтартса тăрĕ.

**КПСС Шупашкар хула комитечĕ.** **Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕ.**

### Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ йышăннă

### ПОСТАНОВЛЕНИ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ çапла йышăнаççĕ:

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки пĕтĕм çĕршывĕпех 1953 çулхи мартăн 6, 7, 8 тата 9-мĕш кунĕсем траурлă кунсем пулаççĕ тесе пĕлтерес.

Çак кунсенче спектакльсем, кино, концертсем тата савăнмалли ытти ĕçсем ирттермелле мар тăвас.

**Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ.** **ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ.**

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## Пĕтĕм халăх хурлăхĕ

Радио халăха çук хурлăхлă хыпар пĕлтерчĕ. Мартăн 5-мĕшĕнче Мускавра пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен çулпуçĕ, этемлĕх генийĕ халăх Иосиф Виссарионович Сталин вăхăтсăр вилсе кайнă.

Çак хурлăхлă хыпар кашни ĕççынни чĕрине ыраттарать. Кашни çын Тăван çĕршыва, совет халăхĕ тунă чаплă çитĕнӳсем ас илсе, Сталин пирĕн халăхшăн, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн мĕн тери халăх пулнине, вăл вăхăтсăр вилни халăха çук пысăк хурлăх пулнине ăнланать.

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод коллективĕн хурлăхлă митингне ирхи сменăра ĕçлекенсем пурте пынă. Кашнинех хурлăхлă. Нумайăшĕ чĕтăмхăçĕ, вĕри куççулĕсене шурă тутăрпа шăлса типĕтеççĕ.

Трибуна çинче В. И. Ленин бюсчĕ умĕнче халăх çулпуçĕн И. В. Сталин юлташăн портречĕ. Ăна йĕри-тавра хура пусма тыттарса çавăрнă. Портрет умĕнче завод коллективне ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунăшăн панă СССР Министрĕсен Совечĕн Хĕрлĕ ялавĕ тата ытти ялавсем усăнса тăраççĕ. Вĕсене пурне те хура пусма тыттарса çавăрнă.

Хурлăхлă митинга заводри партком секретарĕ Н. Г. Шувалов юлташ уçрĕ. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ пĕлтерни çинчен КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ Н. А. Шмаков юлташ калаçса пачĕ. Вăл рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксене тата служащисене çак пысăк хурлăха чăтăмлăн чăтса ирттерме, Ленин—Сталин партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçме чĕнчĕ.

Заводри ватă рабочи Н. И. Кириллов юлташ сăмах илет.

— Пирĕн партипе халăхшăн калама çук пысăк хурлăх килсе тухрĕ,— тет вăл.— Аслă Владимир Ильич Ленинăн шанчăклă соратникĕ, унăн идейисене малалла генилле пурнăçласа пыракан пирĕн халăх учитель тата çулпуçĕ И. В. Сталин вилсе кайрĕ.

Сталин пирĕншĕн, миллионшар ĕççыннисемшĕн, калама çук хаклă. Вăл хăйĕн пĕтĕм пурнăçне пирĕншĕн, ĕççыннисемшĕн панă.

Сталин ячĕ халăх телейĕшĕн, коммунизм обществи туса çитерессишĕн кĕрешмелли пример пулса тăрать. Унăн ячĕ пирĕн чĕрере ĕмĕр пурăнĕ, вăл хушать.

Халăх çулпуçĕн чĕри тапма чарăнчĕ. Анчах эпир хамăрăн вăй-хăвата хавшатмăпăр. Парти ретне çирĕп те таса тытăпăр, Тăван çĕршыван оборона вăй-хăватне ӳстерсех пырăпăр.

Аслă çулпуçăн çутă сăнарĕ пирĕн чĕрере ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ.

Сывă пултăр совет халăхĕ! Сывă пултăр Коммунистсен партийĕ! Сывă пултăр пирĕн Правительство!

Трибуна умĕнче изоляци цехĕнче аслă мастер пулса ĕçлекен Н. Никитина юлташ.

— Пирĕн партипе совет халăхĕшĕн килсе тухнă хурлăха сăмахпа каласа пама та йывăр,— тет вăл.— Пирĕн партишĕн, Тăван çĕршывшăн чи хăрушă та йывăр кунсенче эпир яланах Сталин ятне асра тытнă. Эпир парти тытса пыракан политика пирки нихçан та иккĕленмен, мĕншĕн тесен вăл Сталин юлташ политики пулнă. Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче хамăр çĕнтерессе пирки те эпир иккĕленмен. Мĕншĕн тесен пире Сталин ертсе пынă.

— Вилĕм пирĕн ретрен кашни çыншăн чи хаклă çынна, В. И. Ленинăн вилĕмсĕр ĕçĕсене малалла туса пыракан çулпуçа, халăх Сталина туртса илчĕ,— тет штамповочнăй цех начальникĕ А. Кудряшов юлташ.— Пирĕн телейлĕ пурнăç, Тăван çĕршыван пысăк çитĕнӳсем чи хаклă та юратнă Сталин ячĕпе çыхăнса тăраççĕ.

Сталин пирĕн хушăмăртан уйрăлса кайни кашни çыннăн пысăк хурлăх. Эпир, совет çыннисем, И. В. Сталин юлташăн В. И. Ленин тупăкĕ умĕнче тупа туса каланă сăмахсене лайăх астăватпăр. Вăл пĕтĕм халăх çулпуçĕ умĕнче тупа туни пулчĕ. Юлташсем, Сталин тупăкĕ умĕнче эпир те тупа тăвар. Ленинпа Сталин хушса хăварнисене пĕр пăрăнмасăр пурнăçа кĕртĕпĕр, парти ретне таса тытăпăр, Тăван çĕршыв вăй-хăватне ӳстерес пырăпăр.

Пирĕн завод коллективĕ парти умĕнче хăй çирĕп пулнине, партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви панă кирек мĕнле задание те пурнăçлама яланах хатĕр пулнине кăтартса парĕ. Аслă Сталин пире çавăн пек пулма вĕрентнĕ. Унăн вĕрентĕвĕсем пирĕн чĕререн нихçан та тухмĕç, пур ĕçре те хавхалантарĕç, пире çул кăтартса пырĕç.

Сборочнăй цехри стахановка Л. Монахова сăмах илет.

— Пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн пысăк хурлăх килсе тухрĕ. Миршĕн, демократишĕн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн ырми-канми кĕрешекен И. В. Сталинăн чĕри тапма чарăнчĕ.

Çак пысăк хурлăх пирĕн ретсене, партин çирĕплĕхне ан хавшаттăр тесе, эпир çулпуçăмăр кăтартса хăварнисене çирĕп пурнăçласа пырăпăр. Пирĕнтен кашнинех хăй участокĕнче лайăх ĕçлетĕр, чăтăмлă, сисĕмлĕ пулнине кăтартса патăр.

Трибуна умĕнче паллă стахановец-фрезеровщик Н. Королев.

— Енер, 21 сехет те 50 минутра, пирĕн Тăван партин, мире юратакан прогрессивлă этемлĕхĕн çулпуçĕ И. В. Сталин вилсе кайрĕ. Пирĕншĕн, совет çыннисемшĕн, Сталин ячĕ уйрăмах хаклă. Сталин кашни çыннăн, унăн пурнăçне лайăхлатассишĕн ырми-канми ĕçленĕ. Этемлĕх генийĕн чĕри тапма чарăннине ĕненме те хĕн. Сталин пирĕн хушăмăрта çук пулин те, вăл чĕрĕ, унăн ячĕ кашнин чĕринче, пуçĕнче, ăс-хакăлĕнче, кашнин ĕçĕнче. Сталин ятне чĕрере тытса, эпир вăл кăтартса панă çулпа коммунизм патне каятпăр.

Хурлăхлă митинга пынисем, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, резолюци йышăнчĕç. Вĕсем пĕтĕм çĕршывшăн çак йывăр кунсенче тата тăрăшарах ĕçлеме, Ленин—Сталин партийĕн речĕсене таса тытма, партин Центральнăй Комитечĕ тавра тачă пĕтĕçме, сисĕмлĕхе ӳстерме, Тăван çĕршыв вăй-хăватне ӳстерессишĕн ырми-канми ĕçлеме пулчĕç.

## Унăн çутă сăнарĕ ĕмĕр-ĕмĕр асра юлĕ

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилни çинчен пĕлтерекен хурлăхлă хыпар Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнчи тата «Легпромстройăн» 11-мĕш трестĕнчи рабочисемпе служащисем, инженерсемпе техниксем хушшинче питĕ хăвăрт сарăлчĕ. Пир-авăр комбиначĕн çип арлакан цехне икĕ пин çын ытла пухăнчĕ. Хурлăхлă митинга «Легпромстрой» трестĕнчи партком секретарĕ В. А. Курапина юлташ уçрĕ. Вăл КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарьне Н. Н. Никитин юлташа сăмах парать.

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ пирĕн юратнă тусăмăрпа учителĕмĕр, аслă çулпуç Иосиф Виссарионович Сталин юлташ вилни çинчен пĕлтерчĕç,— тет Никитин юлташ.— Аслă Сталинăн чĕри ĕмĕрлĕхех тапма чарăнчĕ.

Цеха хурлăхлă митинга пухăннисенчен нумайăшĕ хăйсен куççулĕсене тытса тăраймаççĕ, ĕсĕклесе макăрни илтĕнет.

Комбинатри çип арлакан цех начальникĕ И. А. Горячев юлташ çапла каларĕ:

— Пĕтĕм тĕнчери мĕнпур прогрессивлă этемлĕхĕн аслăран та аслă çулпуçĕ Иосиф Виссарионович Сталин юлташ вилсе кайрĕ. Çак сухату питĕ пысăк, ăна нимĕнле сăмахсемпе те каласа пама май çук. Сталин юлташ вилнине пĕтĕм совет халăхĕ питĕ йывăррăн тӳссе ирттерет. Сталин юлташ пирĕншĕн иитех те хаклă, питех те çывăх çын пулнă. Сталин юлташ ертсе пынипе совет халăхĕ вăрăм çул утса тухрĕ. Сталин юлташ ертсе пынипе эпир хăватлă индустриллĕ держава туса хутăмăр, Сталин ертсе пынипе Отечественнăй вăрçăран çĕнтерӳçĕсем пулса тухрăмăр, телейлĕ те савăнăçлă пурнăç тăтрăмăр.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ парти членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене чĕнсе калани çине ответлесе, эпир хамăр ретсене Ленин—Сталин партийĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçтерме тупа тăватпăр.

«Легпромстройăн» 11-мĕш трестĕн управляющийĕ А. С. Каплин юлташ сăмах илет.

— Иосиф Виссарионович Сталин юлташ вилни Ленин вилĕмĕ хыççăн чи пысăк сухату пулса тăрать. Калама çук пысăк хурлăха пирĕн çирĕппĕн тӳссе ирттермелле, хамăрăн хастарлăха темиçе хут ӳстермелле. Сталин юлташ пире хастарлă пулма, Тăван çĕршыва чунтан юратма, хамăрăн ирĕклĕхпе никама пăхăнманлăха куç шăрçине сыхланă пек сыхлама вĕрентет. Сталин юлташ пирĕн çĕршыври ĕççыннисене телейлĕ пурнăç туса парас тесе хăйĕн вăй-халне шеллемесĕр ĕçлерĕ. Патшан тискер самани вăхăтĕнче тĕрмесемпе ссылкăсенче пурăннă чух та революцилле кĕрешĕве ертсе пычĕ. Аслă çулпуçăн çутă сăнарĕ ĕмĕр-ĕмĕр асра юлĕ!

Каплин юлташ комбинатăн тата «Легпромстрой» тресчĕн коллективĕсене Тăван çĕршывшăн ырми-канми ĕçлеме чĕнсе каларĕ.

Машинăпа прокат базинче мотористка пулса ĕçлекен 54 çулхи И. Я. Слепцова юлташ сăмах илет. Слепцова юлташ 1927 çултанпа Ленин—Сталин партийĕн ретĕнче тăрать.

— Чĕрене чăтма çук пысăк хурлăх пусрĕ,— терĕ вăл.— Пирĕнтен хаклăран та хаклă çын ĕмĕрлĕхех уйрăлчĕ. Вăл пирĕншĕн мĕн чухлĕ тăрăшнине сăмахпа каласа пама та çук. Сталин юлташ ертсе пынипе эпир фашистсен чуралăхне лекесрен хăтăлса юлтăмăр. Çĕршывшăн питĕ йывăр çулсенче Сталин юлташ çĕнтерӳ туптарĕ, пирĕн мухтавлă çар нимĕç захватчикĕсене тĕп турĕ.

Хурлăхлă митингра çавăн пекех аслă инструктор А. Я. Брусова юлташ сăмах каларĕ, хастарлă ĕçлеме, мир ĕçне тĕреклетме сăмах пачĕ.

Митингра резолюци йышăнчĕç. Комбинатăн тата «Легпромстрой» тресчĕн коллективĕсем юратнă Тăван çĕршывăн вăй-хăватне тĕреклетес тесе пынă, стахановла ĕçлеме, пахалăх продукци туса кăларма тупа турĕç.

## Хурçă пек çирĕп пĕрлĕхлĕ пулар

ÇĔМĔРЛЕ, мартăн 6-мĕшĕ. (Телефонпа). Хурлăхлă хыпар хулара çиçĕм пек сарăлчĕ. 11 сехетре хулари предприятисемпе учрежденисенче ĕççыннисен хурлăхлă митингĕсем пуçланчĕç.

Сĕтел-пукан комбинатĕнчи рабочисем хурлăхлă митинга хура пусмапа çавăрнă ялавсемпе Сталин юлташ портречĕсене çĕклесе пынă.

Трибуна çинче И. В. Сталин портречĕ. Рабочисем ун çине юратса пăхаççĕ. Оркестр хурлăхлă кĕвĕ калать.

Хурлăхлă митинга комбинатри парторг А. М. Серов юлташ уçрĕ. Вăл рабочисене хурлăхлă хыпара пĕлтерет. И. В. Сталин юлташ ертсе пынипе совет халăхĕ тунă чаплă çитĕнӳсем çинчен чарăнса тăрса, вăл çапла калать:

— Аслă Ленин идейисемпе ĕçĕсене малалла туса пынă Сталин пирĕнтен уйрăлса кайнине ĕненес те килмест. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ пире юратнă парти тавра тата тачăрах пĕрлешме чĕнет. Эпир, Центральнăй Комитет чĕнсе калани çине ответлесе, Сталин ятне асра тытса тата çирĕпрех, хастарлăрах пулăпăр.

Рабочисен хурлăхĕ çинчен Перов рабочи çапла каласа парать:

— Эпир, ватă рабочисем, ĕлĕкхи пурнăç нушине ытлашшипех тӳссе курнă. Çавăнпа çутă пурнăç, ырлăх патне илсе çитернĕ аслă çын ячĕ пирĕншĕн уйрăмах хаклă. Унăн ячĕ ĕмĕр-ĕмĕр пирĕн чĕрере пулĕ.

Тăваттăмĕш цехри бригадир В. Борзова юлташ сăмах илет.

— Эпир аслă учителĕмĕре, аттемĕре тата тусăмăра çухатрăмăр. Аслă Сталин чĕри тапма пăрахрĕ. Тĕнчери тата хамăр çĕршыври ĕçхĕрарăмĕсен хурлăхне сăмахпа каласа пама та çук.

Мире сыхлакансен республикăри комитечĕн членĕ В. Мытиков юлташ Сталин юлташ мире сыхлас тĕлĕшпе тунă пысăк ĕçсем çинчен калать.

— Тĕнчери ĕççыннисем Сталин ятне сулăмлă ялав пек, сутăран та çутă çăлтăр пек çĕклесе пычĕç,— тет вăл.— Сталин пирĕнпе çук, анчах унăн ячĕ миршĕн кĕрешекенсене малашне те хавхалантарса пырĕ. Совет халăхĕ халичченхи пекех миршĕн кĕрешекенсен малти ретĕнче пулĕ.

Комсомолпа совет çамрăкĕсене Сталин юратса пăхса ӳстерни çинчен ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ каласа парать.

— Сталин ятне пирĕн çамрăксем ĕмĕр-ĕмĕр асра тытĕç. Сталин сăнарĕ вĕсене çутă малашлăх патне чи паха тĕслĕх пулса хавхалантарса пырĕ,— тет вăл.

Завод директорĕ З. Хрипушин рабочисен пĕрлĕхне, дисциплинине çĕклеме, партин Центральнăй Комитечĕ чĕнсе калани çине ответлесе, икĕ-виçĕ хут ытларах вăй хурса ĕçлеме чĕнет.

Хурлăхлă митингра пулнисем, аслă Сталин вилнĕ пирки питĕ хытă хурланнине палăртса, хăйсен пĕрлĕхне, сисĕмлĕхне ӳстерме, ĕç тухăçлăхне хăпартма пулса резолюци йышăнчĕç.

## Механизаторсен митингĕ

МУРКАШ. (Телефонпа). МТС-ри рабочисемпе служащисем митинга пухăнчĕç. Вĕсен пичĕсем çинче кашнинех хурлăхлă, анчах çирĕп те шанчăклă туйăм палăрса тăрать. МТС директорĕ КПСС райкомĕн бюро членĕ А. Лаврентьев юлташ пирĕн партипе пирĕн халăх умне пысăк хурлăх тухса тăни çинчен—партипе совет халăхĕн аслă çулпуçĕ, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен учителĕпе тусĕ, пирĕн юратнă Иосиф Виссарионович Сталин юлташ вилсе кайни çинчен пĕлтерет.

Шăп. Йывăр та хурлăхлă хыпара механизаторсем пĕр сывламасăр итлеççĕ. Вĕсен кашниннех чĕре патĕнчен ыратса тухакан шухăш-кăмăла каласа парас пек туйăм.

МТС мастерскойĕн заведующийĕ Ф. Шихранов сăмах илет.

— Сталин юлташ вилсе кайни пирĕншĕн, демократиллĕ çĕршывсенчи пĕтĕм халăхсемшĕн çав тери пысăк та йывăр çухату пулса тăрать,— тет вăл. Эпир хамăрăн тăван парти тавра тата та тачăн пĕтĕçетпĕр. Ĕçри дисциплинăна, революциллĕ сыхăлăха пĕрмаях çирĕплетсе пыма пултарăпăр. Çак хурлăхлă кунсенче эпир ĕçри хастарлăхпа пултарулăха ытларах ӳстеретпĕр. Вăйлă тырпул туса илес, йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе мĕн тума кирлине йăлтах тăватпăр.

Унтан МТС-ăн главнăй инженерĕ М. Гугушин юлташ сăмах илсе, çапла каларĕ:

— Пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас, халăха ырă та телейлĕ пурнăç туса парас тĕлĕшпе пирĕн çулпуçăмăр нумай çул хушши ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса ĕçлениие эпир ĕмĕрне те манас çук. Аслă Сталин совет халăхне пирĕн çĕршывăн пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерĕвĕ патне, социализм çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерчĕ. Эпир малашне те аслă Сталин кăтартса панă çулпа пырса, парти пирĕн умма лартнă задачăсене пурнăçлассишĕн хамăрăн пĕтĕм вăй-халпа пултарулăха парса ĕçлеме пулатпăр.

Механизаторсем пĕрин хыççăн теприн тухса калаççĕ. Вĕсем сыхăлăхлă пулма, Тăван çĕршывăн ырлăхĕпе пуянлăхĕшĕн, унăн оборона тĕлĕшĕнчи хăвачĕшĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешме, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕçме тупа тăваççĕ.

# Совет хĕрарăмĕсем—коммунизмăн активлă строителĕсем

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне—мартăн 8-мĕшне—пирĕн çĕршывра анлăн палăртаççĕ. Çак кун совет хĕрарăмĕсене хăйсен пурнăçĕ, партипе Совет государстви ĕççыннисемшĕн, хĕрарăмсемшĕн-амăшĕсемшĕн тăрăшни уйрăмах уççăн курăнать. Совет хĕрарăмĕ коммунизм ĕçĕшĕн активлă кĕрешет, шăпах çакă унăн телейĕ пулать.

Эпир вĕресе тăракан пурнăçпа пурăнатпăр, пирĕн ĕçсем çав тери нумай, эпир тепĕр чухне хамăр Тăван çĕршывра пурăнма мĕнле савăнăçлă пулни çинчен шухăшлама та вăхăт тупаймастпăр. Эпир совет хĕрарăмĕн пуянлăхне кашни кунах, кашни сехетрех туйса тăратпăр. Çав пуянлăха ăна совет власĕ, Ленин—Сталин партийĕ пачĕç.

Эпĕ нумаях пулмасть икĕ хĕрачапа—Свердловск облаçĕнчи Красноуфимск районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз звеньевойĕсемпе Ольга Чесноковăпа тата Валентина Зуевăпа тĕл пултăм. Вĕсем сăнран пĕр пек мар. Ольга сарă та лутрарах хĕрача, хăйне хăй хăюсăр тыткалать. Хура куçхаршиллĕ, хăмăр куçлă Валентина—хăюллă хĕрача, кăштах çăмăлланма та юрататъ. Çак хĕрсем пĕрпĕринпе туслашман. Характерсем пĕр пек мар, çавна пула ятласса илтĕмĕр, терĕ вĕсенчен пĕри. Çапах та, вĕсен характерĕсем пĕр пек мар пулин те, çак колхозницăсен иккĕшĕн те пĕр пек енсем нумай. Иккĕшĕ те пысăк тухăçлă тырпул мастерĕсем пулнă, кашни гектартан 558—565-шер центнер çĕрулми пухса илнĕ. Иккĕшĕ те малашне тухăçлăха мĕнле майпа ӳстермелли çинчен шухăшланă. Иккĕшĕ те çапла шухăшланă: тухăçлăха ӳстерме «чи кирли вăл—ĕçе тĕрĕс йĕркелени тата удобренисем нумайрах пухни пулать», тенĕ. Иккĕшĕ те çине тăрса вĕреннĕ. Иккĕшне те Ленин орденĕ парса наградăланă. Çаксем вĕсем—вĕренӳ те, творчествăллă ĕç те, тӳрĕ кăмăлпа пархатарлă ĕçленĕшĕн панă награда та—Совет Союзĕнче, хĕрарăмсене арçынсемпе пĕр тан правăсем панă çĕршывра кăна пулма пултараççĕ.

Пирĕн социализмла обществăра хĕрарăмсем пĕр тан правăсемпе усă курни çинчен калакан фактсене пурте пĕлеççĕ. СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕсем хушшинче 280 хĕрарăм шутланать, 2.209 хĕрарăма союзлă тата автономиллĕ республикăсен Верховнăй Совечĕсене суйланă. Аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă специалистсем хушшинче 900 пин хĕрарăм ытла, пирĕн çĕршывра хĕрарăм-учительсем пĕр миллион çын ытла шутланать, сывлăх учрежденийĕсенче те хĕрарăмсем пĕр миллионтан ытла ĕçлеççĕ, хĕрарăмсем икĕ миллион çурă ытла наука енĕпе, шкулсенче, культурăпа çутĕç учрежденийĕсенче ĕçлеççĕ.

Тăван çĕршыв хăйĕн хĕрĕсен хастарлă ĕçне пысăка хурса хаклать, вĕсенчен чи лайăххисене наградăсем парса палăртать. 2.334 хĕрарăм Совет Союзĕн Геройĕ ятне тата Социализмлă Ĕç Геройĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă. Тĕрлĕ ĕçсенчи 800 пин ытла хĕрарăма Совет Союзĕн орденĕсемпе тата медалĕсемпе наградăланă, 741 хĕрарăм Сталинла премин лауреачĕсем пулма чыс илчĕ, 38 пин ытла хĕрарăма «Ача амăшĕ-героиня» ят панă, 3 миллион та 800 пин хĕрарăма «Ача амăшĕн мухтавĕ» орден тата «Ача амăшĕн медалĕ» парса наградăланă.

Çак цифрăсем Совет Союзĕнчи тулли пурнăç çинчен калаççĕ. Пирĕн çĕршывра хĕрарăмсене государствăна тытса пырас ĕçе активлă хутшăнма, творчествăллă, савăнăçлă ĕçлеме, вĕренме, ачасене пăхса ӳстерме лайăх условисем туса панă.

Пирĕн Совет Союзне Англири, Францири, Америкăри тата капитализмлă ытти çĕршывсенчи хĕрарăмсен делегацийĕсем час-часах килеççĕ. Пирĕн хăнасем работницăпа, служащипе е колхозницăпа, хĕрачапа е хĕрарăмпа тĕл пулаççĕ-и,—[...]кампа тĕл пулсан та, калаçу ют [...]ран килнĕ хăна çапла каланипе [...]:

— Эсир телейлине эпĕ куратăп!

Финляндири хĕрарăмсен представительници Сиркка-Лийса Ляхтеено Мускавра ача амăшĕ-героиняпа Матрена Федоткинăпа паллашнă. Матрена Федоткина хăй ачисен малашлăхне çирĕп шанса тăни Финляндирен килнĕ хăнана çав тери тĕлĕнтернĕ. «Матрена Федоткина каланине итленĕ чухне,—тесе çырать Ляхтеено,—эпĕ Финляндири ача амăшĕсене асра тытрăм, вĕсен пурнăçĕ мана питĕ шиклентерсе хăратать. Вĕсем ача çуралсран питĕ хăраççĕ, мĕншĕн тесен ача çурални пурнăçа татах начарлатать, ытларах та йывăртарах ĕçлеме хушать. Матрена Федоткина хăйĕн ачисем вĕренни çинчен каланă чухне мана пĕр шухăш пырса кĕчĕ—пирĕн çĕршывра вунă ачине те вĕрентме пултаракан рабочисен пĕртен-пĕр çемйи тупăнĕ-ши, вунă ача усракан рабочисен çемйи,—пĕр ачи те пулин аслă шкултан вĕренсе тухнă рабочисен çемйи Финляндире миçе-ши?»

Финлянди представительници çакăн пек шухăшлани тĕрĕсех. Капитализмла кирек хăш çĕршывра та ĕççынни хĕрарăмĕсен кулленхи пурнăçĕ ĕç шыраса çӳренипе е ĕçлĕ вырăнта мĕнле те пулин сыхланса юлма тăрăшнипе иртет. Савăнпа вĕсем малашлăха нихçан та шанса тăма пултараймаççĕ.

Англире ертсе пыракан ушкăнсем нумай пулмасть çĕршывра ĕççĕрлĕхе пĕтернĕ, тесе калаççĕ. Çав вăхăтрах унта ĕççĕррисем пилĕкçĕр пин, ку шута çурма ĕççĕррисем кĕмеççĕ, вĕсем эрнере темиçе сехет хушши кăна ĕçлеме пултараççĕ. Консерваторсен конференцийĕнче 1952 çул вĕçĕнче финанс министрĕ Батлер çапла пĕлтернĕ: 1953 çулта акăлчансене унчченхинчен те йывăртарах пулать. 1952 çулхи ноябрь уйăхĕнче 2.300 пин акăлчан, укçа çукнине пула, хăйсене карточкăсем тăрăх тивĕçекен пĕчĕк паёка та илеймен. Çакна асра тытсан, Батлер хăйĕн çĕршывĕнче пурăнакан çынсене çĕннĕ йывăрлăхсене лайăх пĕлме пулать. Халĕ ĕнтĕ, официальнăй даннăйсем тăрăх, акăлчансем аш-какай вăрçăчченхинчен 40 процент сахалтарах илсе тăраççĕ.

Ку çеç те мар. «Манчестер гардиан» хаçатăн, ĕççыннисем майлă тăнипе палăрса тăман хаçатăн, нумай пулмасть çапла йышăнма тивнĕ: Англире çу куллен илме май çук, ĕççыннисем ăна куçпа та кураймаççĕ.

Америкăра ĕççыннисем мĕнле пурăнни çинчен пире Америкăри хĕрарăмсен делегацийĕ каласа пачĕ, вăл Совет Союзне нумай пулмасть килсе кайрĕ. Делегаци Киеври Роза Люксембург ячĕпе тăракан трикотаж фабрикинче пулнă. Кунти работницăсем Нью-Йоркри работницăсен пурнăçĕпе интересленнĕ. Акă мĕнле ответ илтнĕ вĕсем: Нью-Йоркри çĕвĕ предприятийĕсенче хĕрарăмсем ытларах ĕçлеççĕ, вĕсене тĕрлĕ майсемпе хĕсĕрлесе пусмăрлаççĕ. Çапла, сăмахран, опытлă работницăсене те пĕчĕк ĕç кăна хушаççĕ. Çĕвĕ фабрикисенче, ытти предприятисенчи пекех, хĕрарăмсене арçынсем тунă чухлĕ ĕçсемшĕнех арçынсенчен сахалтарах тӳлеççĕ.

«Червона Украина» колхозри колхозницăсем, Америкăран килнĕ çав делегацием колхоза пырсан, США-ра медицина пулăшăвĕ парассине мĕнле йĕркелени çинчен ыйтса пĕлнĕ.

«Пĕчĕк районсем вырăнĕнче шутланакан 2.000 района кайса çӳресен те унта медицина учрежденийĕ пĕрре те тĕл пулаймăн»,—ответлĕнĕ Доротти Уилкс колхозницăсен ыйтăвĕ çине. Америкăри чи хăрушă чир вăл, тенĕ Уилкс,—чухăнлăх пулать. Тепĕр делегатка, Молли Эйзенштат, колхозницăсене Америкăри ялсенче чухăнлăх кунсерен сарăлса пыни çинчен каласа кăтартнă. Вак фермерсем çĕршер пиншерĕн юхăнса пыраççĕ. Халăх туберкулез чирĕпе чирлесе вилет. Нумай хĕрарăмсем, медицина пулăшăвĕ паманнине пула, ача çуратнă чухне вилеççĕ. Пурнăç условийĕсем питĕ йывăр. США-н кăнтăр пайĕнче пурăнмалли çуртсенчен 70 проценчĕ йăтăнса аннă е кивелсе çитнĕ.

Капитализмла çĕршывсенчи хĕрарăмсем хăйсем те, вĕсен çемйисем те выçă лараççĕ, çавна пула вĕсем вĕренӳ çинчен шухăшлама та пултараймаççĕ. Хĕрарăма творчествăллă ĕç çинчен шухăшлама йывăр, мĕншĕн тесен вăл пĕр тан ĕçшĕнех арçын илекен укçан çуррине кăна илме пултарать. Ачасене воспитани парасси çинчен шухăшлама йывăр, мĕншĕн тесен учебниксем тупса илме те, ачана шкула вырнаçтарма та майсем çук, шкулĕсем те çук,—шкул çурчĕсенчен çар хатĕрĕсем хумалли складсем туса хунă.

Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен наци бюджечĕн 74 проценчĕ вăрçа хатĕрленме каять, халăха вĕрентес ĕç валли вара пĕр процент кăна каять. Францире государство бюджечĕн 40 процентне ытла вăрçа хатĕрленме яраççĕ пулсан, халăха вĕрентес тата сывлăха сыхлас ĕçсем валли 5—7 процент кăна расходлаççĕ. Канадăра вăрçа хатĕрленме кашни минутрах 4 пин доллар расходланать.

Васкасах хĕçпăшалланнине пула тата Америкăпа Англи империалисчĕсем çĕнĕ тĕнче вăрçине хатĕрленнине пула, капитализмла çĕршывсенчи ĕççыннисем пысăк йывăрлăх тӳсеççĕ. Çав йывăрлăхсене хĕрарăмсен пуринчен те малтан тӳсме тивет. Çавăнпа та мĕнпур çĕршывсенчи хĕрарăмсем хăйсен пурнăçĕшĕн паллă вырăн йышăнакан задачăна—çĕнĕ тĕнче вăрçин хăрушлăхне хирĕç кĕрешес задачăна ăнланса илеççĕ. Англире миршĕн тăракансем халĕ салатакан «Мир тетрачĕсенче» эпир çакăн пек йĕркесем куратпăр:

«Манăн виçĕ ывăл,—тесе çырать акăлчан хĕрарăмĕ Дж. Дональдсон,—эпĕ вĕсен пурнăçне вăрçă пырса кĕрессине хирĕç тăратăп. Манăн ывăлсен пурнăçĕ хамăр пурнăçран лайăхрах пултăрччĕ, акă мĕншĕн тăратăп эпĕ».

Мир майлă пулни кăна çителĕксĕррине ăнланса илекен хĕрарăмсем капитализмла çĕршывсенче нумайлансах пыраççĕ. Миршĕн кĕрешес пулать! Нумай пулмасть пурнăç хакне ӳстернине хирĕç миршĕн тăракансен Лондонри комитечĕ протестлемелли митинг туса ирттернĕ. Иксĕр хĕрарăмран тăракан делегаци общинăсен палатине пырса çĕнĕ те хаксем ӳснишĕн парламент членĕсене тарăхни çинчен каласа панă. Хаксем ӳсни васкасах хĕçпăшалланнин результачĕ пулать.

Америкăри хĕрарăмсенчен те вĕсем миршĕн пыракан кĕрешĕве хутшăнни çинчен хыпарсем илеççĕ. Ман пата Америкăри хĕрарăм Полина Тейлор çапла çырать: «Эпĕ хĕрарăмсен пухăвĕсенче тата тĕне ĕненекен çынсем умĕнче тухса каларăм—вĕсене совет халăхĕ çинчен каласа патăм, халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе Венăра пулса иртнĕ конгресĕ йышăннă решенисене ырлама чĕнтĕм... Эпĕ хам миршĕн мĕн тума пултарнине пĕлтерес тăвăп, хам кампа каласма пултарнисене пурне те çутта кăларма тăрăшăп. Сирĕн çĕршывра мĕн курни çинчен, Сирĕн çĕршыв çинчен, Сирĕн халăх çинчен мĕн пĕлнине каласа парăп».

Полина Тейлор—пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен демократиллĕ федерацийĕ пĕрлештерсе тăракан çĕршер пин хĕрарăмсенчен пĕри. Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен демократиллĕ федерацийĕ хальхи вăхăтра хăйĕн речĕсенче 135 миллион çынна пĕрлештерсе тăрать, вĕсем мир вăрçа çĕнтермелле тăвассишĕн, Корейăри вăрçа чарса лартассишĕн, Хĕвеланăç Германие ремилитаризацилениие хирĕç тăраççĕ, совет халăхĕ çинчен вăрçă чĕртекенсем саракан суя сăмахсене тăрă шыв çине кăлараççĕ.

Ман пата Канадăран Вера Моррис çырать. Вăл Канадăри хĕрарăмсен нумай пулмасть Совет Союзне килсе кайнă делегацийĕн составĕнче пулнă. Вăл çапла çырать:

«Эпĕ сирĕнтен çĕнĕ фотосем илтĕм, уншăн питĕ савăнтăм; тухса каланă чухне фото нумай пулăшать. Пирĕн патра ССР Союзĕ çинчен чăнлăха халăхран пытарнине хăшпĕр комментарисем лайăх кăтартса параççĕ».

Капитализмла çĕршывсенчи реакциллĕ хаçатсем Совет Союзĕ çинчен калакан чăнлăха ĕççыннисенчен пытарма хăтланаççĕ. Анчах пурнăç çакна кăтартса парать: чăнлăха сарма нимĕнле те чарма çук. Чăнлăх çынсем патне, тӳрĕ кăмăллă хĕрарăмсен чĕрисем патне çитет. Миршĕн кĕрешекен хĕрарăмсен речĕсенче эпир физика наукисен докторне Эжени Коттона (Франци), Бразилири простой работницăна Элиза Бранкона, Англири писательницăна Моника Фелтона куратпăр. Миршĕн кĕрешекен хĕрарăмсемпе — тĕрлĕ çĕршывсен представительницисемпе тата тĕрлĕ ĕçсенче пурăнакан çынсемпе тĕл пулса калаçни мана, вырăс писательницине тата коммунисткăна, çакăн пек паллă вывод тума май пачĕ: çын тӳрĕ кăмăллă пулсан, тăн-пуç йĕркеллĕ пулсан, кăкăрта таса чĕре пулсан, вăл пурçĕрех Совет Союзĕ ертсе пыракан мирĕн хăватлă лагерĕ майлă пулмалла. Мĕншĕн тесен пурнăç хăех, истори тата кулленхи пурнăç ăста чăнлăх, ăста суя, пуррине ăнланса илме, кам таса маррине, камăн алли юнланнине, кам долларшăн кăна тăрăшнине ăнланса илме хушать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пирĕн Тăван çĕршывăн коммунизм патне пымалли çулне çутатса пачĕ. Съезд решенийĕсем Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле çĕнĕ произведенийĕ çине таянса тăраççĕ. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе съезд панă директивăсем совет çыннисене ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантараççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ мĕнпур çĕршывсенчи миллионшар ĕççыннисене çакна кăтартса пачĕ: халăха телей туса памалли çул вăл—совет халăхĕ суйласа илнĕ çул, Ленинпа Сталин кăтартса панă çул пулать. Капитализмла çĕршывсенчи хĕрарăмсем — налогсене, репрессисене, çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне пула йывăр тӳсекен хĕрарăмсем — Совет Союзĕ çине, халăх демократи çĕршывĕсем çине ытларах та ытларах пăхаççĕ. Телейлĕ пулас тесен, мĕнле пурăнса кĕрешмеллине миллионшар хĕрарăмсем уçăмлăрах ăнланса илекен пулса пыраççĕ.

Совет халăхĕ вăл коммунизмшăн, çĕр çинчи миршĕн, пурнăçшăн кĕрешет. Парти пире халăх телейĕшĕн кĕрешме вĕрентет, унта кашни совет çыннин телейĕ те кĕрет. Парти пире кĕрешсе илнĕ телее хӳтĕлеме, сыхлама, кам тус пулнине, кам тăшман пулнине пĕлсе тăма, тăшмансене асăрхаса пĕлме вĕрентет.

Эпир, совет хĕрарăмĕсем, — хамăр Тăван çĕршывăн тулли правăллă гражданĕсем. Кирек ăста ĕçлесен те—Туркменири Тĕп канала тунă çĕрте е инçет хĕвелтухăçĕнчи колхозра, кăткăс машинăсем туса кăларакан заводра е ачасем валли вылямалли япаласем тăвакан фабрикăра — пур çĕрте те пĕрлĕхлĕ ĕçе тăватпăр — коммунизм тăватпăр. Хамăр ĕçсемпе эпир Тăван çĕршыв вăй-хăватне — пĕтĕм тĕнчери мир тĕрекĕн вăй-хăватне тĕреклететпĕр, çапла майпа вăрçă хăрушлăхне сирсе пыратпăр. Эпир çакна пĕлетпĕр: пирĕн çине пăхса, чикĕ леш енчи пирĕн туссем миршĕн кĕрешекенсен речĕсене тăраççĕ.

Пысăк ответлăх çур пирĕн—эпир пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, коммунизм тăватпăр, çапла майпа пĕтĕм этемлĕхĕн çутă малашлăх çулне хыватпăр. Çак пархатарлă задача пире кĕрешме хавхалантарать, çĕнĕ вăй хушать, Ленинăн — Сталинăн ĕçĕ çĕнтерессине çирĕп ĕнентерет.

Валентина ШЕВЕЛЕВА.

## Профсоюз завкомĕн бюджечĕ

Шупашкарти электроаппаратура завочĕнчи профсоюз завкомĕн 1953 çулхи бюджечĕ 500 пин тенкĕ ытла шутланать. Çав укçаран 185 пин тенкине культурăллă-массăллă ĕçре усă кураççĕ. Культура тата физкультура таварĕсем туянма, кивисене юсама 35 пин тенкĕ расходлаççĕ. Ачасен канăвне йĕркелеме 24 пин тенкĕ уйăрнă. Профсоюз членĕсене пулăшу пама 34 пин тенкĕ расходлаççĕ.

Кану çурчĕсемпе санаторисене кайма путевкăсем туянма 160 пин тенкĕ палăртнă. Кăçал кану çурчĕсемпе санаторисенче 400 çын ытла канмалла.

А. АЛЕКСЕЕВ.

## Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ произведенине вĕренеççĕ

Чăваш АССР-ĕнчи статистика управленийĕнчи парторганизаци коммунистсен политикăллă вĕренĕвĕпе куллен интересленет.

Коммунистсем Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генийллĕ произведенине харпăр хăй тĕллĕн вĕренеççĕ. Вĕсемпе час-часах юлташла калаçусем пулаççĕ. Калаçусене уйрăмах Металлов, Рыбаков, Свешников, Морозова коммунистсем активлă хутшăнаççĕ, вĕсем вĕреннĕ ыйтусене лайăх пĕлнине кăтартса параççĕ.

Сталин юлташăн çĕнĕ произведенине вĕренекенсене пулăшма пуçламăш парторганизаци лекцисем иртерет. Январьпе февраль уйăхĕсенче «И. В. Сталин социализмăн экономикăллă тĕп законĕ çинчен», «И. В. Сталин ку чухнехи капитализмăн экономикăллă тĕп законĕ çинчен», «И. В. Сталин экономикăллă законсен объективлă характерĕ çинчен» тата ытти темăсемпе лекцисем иртернĕ.

Парти организацийĕ съезд материалĕсемпе решенийĕсене учрежденире ĕçлекенсене ăнлантарса панипех çырлапланмасть. Пирĕн агитаторсем хăйсене çирĕплетсе панă участоксенче час-часах пулаççĕ, ĕçсыннисене партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене тĕплĕн ăнлантарса пама тăрăшаççĕ. Парти съезчĕн материалĕсем çинчен агитаторсем пурĕ 39 калаçу иртернĕ, вĕсене 250 çын ытла итленĕ.

Калас пулать, КПСС Шупашкар хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕ пирĕн парторганизаци коммунистсемпе партире тăманнисен политикăллă вĕренĕвне мĕнле йĕркеленине тĕрĕслемест. Çак пайра ĕçлекенсем консультантсем мĕнле ĕçленине, кружоксенче занятисем мĕнле иртнине тĕрĕслемеççĕ. Юлашки икĕ çул хушшинче хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕнче ĕçлекен инструкторсем пирĕн пуçламăш организацинче пĕрре те пулман.

**Н. ИВАНОВ,**
пуçламăш парторганизаци секретарĕ.

## Плана тултарнă

Атăл леш-енчи торфопредприятири перекет касси Шупашкар хулинчи лайăх ĕçлекен перекет кассисен шутĕнче тăрать. Ку перекет касси уйăх, квартал тата çулталăк планĕсене яланах ăнăçлă тултарать.

Перекет кассин ĕçри ăнăçлăхĕ финанс активне пĕтĕçтернинчен, актив халăх хушшинче пĕрмаях тăрăшса ĕçленинчен килет. А. Старостин, К. Локтьева, З. Рускина, А. Даниловский, П. Сырцов, Н. Яковлев юлташсем уйрăмах лайăх ĕçлеççĕ. Вĕсем заем тытакансене выляв тухнине таблицăсем тăрăх тĕрĕслеме пулăшнă, 20 пин тенкĕлĕх ытла выляв тухнине палăртса панă.

Иртнĕ çулта перекет касси вкладсен хисепне ӳстермелли тата государствăн шалти 3 процентлă вылявлă заемĕн облигацийĕсене сутмалли плансене ытлашшипех тултарнă.

Перекет касси мартăн 1-мĕшĕ тĕлне кăçалхи пĕрремĕш кварталта вкладсен хисепне ӳстермелли плана 215 процент, государствăн шалти 3 процентлă вылявлă заемĕн облигацийĕсене сутмалли плана 310 процент тултарчĕ.

**Н. АЛЕКСЕЕВ.**

## Пурнăçшăн кĕрешни

Тулли шăмшаклă, хĕрлĕ сăн-питлĕ çамрăк хĕрарăм çине пăхсан, вăл уйăх сурă каярах ача çуратнă чухне чутах вилмесĕр юлнă çын пулнă, тесе никам та шутлас çук. Вăл малтан хăйĕнпе паллаштарчĕ: Сĕрпӳ хулинчи килхуçи хĕрарăмĕ — Валентина Соловьева. Унтан хăйне больницăра вилĕмрен мĕнле хăтарса хăварни çинчен йĕркипе каласа кăтартрĕ.

— Эсир пирĕн больницăри гинеколог-врача Клавдия Васильевнăна палламестăр-и?—усă сасăпа ыйтрĕ вăл.—Чăн-чăн совет врачĕ, унпа паллашма сĕнетĕп. Эпĕ ăна, мана пите пысăк пулăшу панăшăн хĕрӳллĕн тав туса, редакцие çыру ярасшăн. Хаçатра пичетлесен аван пулĕччĕ.

Врач пысăк ăсталăхпа тата хăюллăн операци тунипе çеç Соловьева гражданка ачине çуратма пултарнă, вĕсене иккĕшне те вилĕмрен çăлса хăварнă. Çамрăк хĕрарăм хăйĕн çемйипе халĕ сывлăхлă та савăнăçлă пурăнни çинчен хаваслăн каласа кăтартать.

Больницăри ача çуратмалли уйрăмăн заведующийĕпе Клавдия Васильевна Васильева юлташпа тĕл пулса калаçма çăмăл мар.

— Вăл халĕ пушă мар,—терĕ дежурнăй сестра. — Ситменнине тата иккĕмĕш талăк кçç хупмасăр ĕçлет. Тен, ырансенче килместĕр-ши? Канас пулать унăн.

Дежурнăйпа калаçса тăнă вăхăтра пӳлĕме шурă халат тăхăннă, сӳлĕрех пӳллĕ, сутă сăн-питлĕ хĕрарăм пырса кĕчĕ.

— Врач-гинеколог Васильева, — паллаштарчĕ вăл хăйĕнпе, сĕтел умĕнчи пукан çине ларса.

Талăк ытла кçç хупмасăр ĕçленĕ врач самаях ĕшенни сисĕнет, анчах куçĕсем тин çеç ĕçлеме тытăннă çыннăнни пекех йăлтăртатса пăхаççĕ.

— Ĕнер ирхине 5 сехетре пуçласа каçхи 7 сехетчен кровать умĕнче иртертĕм,—терĕ вăл йăваш сасăпа.—Пĕр çамрăк хĕрарăм, Антонова хушаматлăскер, сасартăк юн кайнипе, йăлтах аптăраса çитрĕ. Анчах ăна вилĕм аллине памарăмăр, амăшĕ те, ачи те сывах юлчĕç. Чи йывăр самантра совет медицини науки пулăшрĕ. Халĕ, акă, Антонова патĕнчен килтĕм, чылайччен калаçса лартăмăр. «Эпĕ сире шанса, ĕненсе тăтăм», тет вăл. Çакăн пек сăмаха илтсен тата сынсен шанăçне тӳрре кăларнине пĕлсен, ывăнни-ĕшеннине туймастăп.

Клавдия Васильевна, темĕн çине хытă тăн çиленнĕ пек, пĕр самант хушши чĕнмесĕр ларчĕ те, татса каларĕ:

— Çамрăк чухне, хамăрăн тăван ялтан—Шупашкар районĕнчи Шемшертен Хусанти медицина институтне кĕме кайнă кунсенче, эпĕ çапла шутланăччĕ: «медицина — вăл чикĕ таврашне пĕлмен гуманистла наука, вăл кирек ăçта пулсан та пĕр тĕллев—сынна ырлăх тăвас тĕллев çеç тытать», тенĕччĕ.

Йăнăшнă эпĕ. Америка империалисчĕсем медицина наукине мирлĕ халăхсене массăллăн вĕлерсе пĕтермелли хатĕр туса хучĕç. Империалистла чунилисем Корейăпа Китай çине чи хăрушă чирсем ертнĕ хурт-кăпшанкăсем тăкни çинчен пĕлтернĕ хыпара илсен тӳрĕ кăмăллă врачсен чĕри ыратать.

Социализмлă çĕршывра кăна медицина пĕтĕм халăх ырлăхĕшĕн, унăн сывлăхне пур майпа та тĕреклетессишĕн кĕрешекен чи прогрессивлă наука пулса тăчĕ. Сынна вилĕмрен хăтарса хăварма пултарни—совет врачĕн чи пысăк телейĕ, мĕншĕн тесен коммунизм обществи тăвакан çĕршывра чи хакли вăл—çын. Çакна тарăнăн ăнланса, врач-гинеколог çынсене пулăшу памалла чухне мĕнпур вăйне хурса тăрăшать.

Пĕррехинче Васильева юлташ, хăйĕн уйрăмĕнче выртакан хĕрарăмĕсене пулăшу парса, сĕр касиччен ĕçленĕ те, ирхине хваттерне таврăннă. Ĕшеннĕ хыççăн вăл выртса канма шутланă, анчах сасартăк телефон шăнкăртатнă.

Сĕнъял участокĕнчи больницăна ача çуратма пынă Семенова колхозница юн нумай кайнипе начарланса çитнĕ, врач-гинеколог часрах çитсе пулăшмасан, хĕрарăм ача çуратаймасăр вилсе кайма пултарнă. Тăхтаса тăма çук, çийĕнчех татăклă мера йышăнмалла.

Клавдия Васильевна васкавлă йĕркепе Чăваш АССР Сывлăх министерствипе сыхăннă, Шупашкартан Сĕнъяла тӳрех самолетпа юн леçсе пама ыйтнă, хăй часрах лаша кӳлтернĕ те, 20 километрти яла васкаса кайнă. Вăл çитнĕ тĕле Шупашкартан юн леçсе пама ĕлкĕрнĕ мĕн. Чунĕ тухас патне çитнĕ колхозница хăйĕн ӳтне юн янă хыççăн тăна кĕрсе çитнĕ, унтан врач-гинеколог пулăшнипе ачине те çуратнă.

Февралĕн 22-мĕшĕнче вырăнти Советсене суйлана куна Клавдия Васильевна килĕнче, хăйĕн çемйипе пĕрле уявлама, амăшĕн тунсăхласа çитнĕ Лида ятлă хĕрачипе усăлса çӳреме шутланă. Анчах ăна каллех телефон патне чĕнсе илнĕ, участокри больницăра пĕр колхозницăн сывлăхĕ пысăк хăрушлăхра тăни çинчен пĕлтернĕ. Часрах çитсе вилĕме сирсе ямалла. Васильева юлташ, килти мĕнпур ĕçе манса, яла тухса кайнă. Вăхăтра çитнĕ вăл, колхозницăна вилĕмрен çăлса хăварнă.

Васильева юлташ йышăнакан кабинета куллен вуншар хĕрарăм пырса каять. Вĕсенчен нумайăшĕ — ача амăшĕсем е ача амăш пулмалли куна кĕтекенсем. Врач-гинеколог кашнине унăн ыйтăвне е сывлăхне кура консультаци парать.

Тап-таса пӳлĕмри çемçе вырăн сарнă кровать çинче пĕрремĕш ача амăшĕ пулнă çамрăк хĕрарăм выртать. Йывăр саманта тӳссе иртернĕ хыççăн унăн куçĕсем иммерĕн пăхаççĕ, сасси те йăвашшăн тухать.

Кроватьпе юнашар тепĕр кровать çинче Клавдия Васильевна ларать, ача амăшĕн сывлăхне тĕрĕслет. Качча тухнă хыççăн пилĕк çул иртсе те ача амăшĕ пулаймăн колхозница Клавдия Васильевна патĕнче сывалнă хыççăн ывăл çуратса панă.

Врач пекех шурă халат тăхăннă сестра, лайăх чĕркенĕ ачана йăтса пырса, амăшĕн ăшă кăкăрĕ çумне хурать. Коммунизм обществи тăвакан çĕршывăн çĕнĕ гражданинĕ, хăй çут тĕнчере пурăнма хатĕр пулнине пĕлтерсе, сасă парать. Çамрăк хĕрарăмпа врач ывăл ача çине иккĕшĕ те хаваслăн пăхаççĕ.

— Спасибо сире, Клавдия Васильевна,—тет колхозница, врач çине ăшшăн пăхса.—Маншăн тăрăшнине нихçан та манмăп.

— Телейлĕ пул,—çемçен ответлет врач.—Çак ывăл ача çирĕп сывлăхпа ӳссе çитĕнтĕр, ăна юмахри пек тĕлĕнмелле чаплă пурнăç кĕтсе тăрать. Совет çыннисен сывлăхне сыхласси — пирĕн чи таса тивĕç. Çавăн пек ĕçлеме хушать пире Тăван çĕршыв. Халăх ырлăхĕшĕн, пурнăçшăн кĕрешме вĕрентет пире Коммунистсен партийĕ. Вилĕме çĕнтерсе пурнăçа хăтарса хăварни—совет врачĕн чи пысăк телейĕ.

**Н. ВОЛКОВ.**
Сĕрпӳ больници.

*КИНО*

## „Максимка“

Республикăри кинотеатрсенче «Максимка» ятлă çĕнĕ фильм кăтартма пуçларĕç.*) Çак кинофильмра эпир иртнĕ ĕмĕрте пулса иртнĕ вырăс матросĕсен паттăр ĕçĕсемпе паллашатпăр.

Лăпкă океан. Америка пирачĕсем, чурасемпе сут тăвакансскерсем, Африкăра тытнă негрсене илсе каяççĕ. Вĕсем хушшинче пĕр ача пур, ăна «Бетси» карап капитанĕ хăй патĕнче чура вырăнне усрать. Ача пурнăçĕ калама çук йывăр, унăн çурăмĕ тăрăх яланах пушă вылять.

Çак «Бетси» карапа вырăссен «Богатырь» ятлă çар карапĕ тĕл пулать. «Бетси» негрсене Америкăна чуралăха сутма илсе каякан карап пулнине «Богатырь» капитанĕ хăвăртах тавçăрса илет. Негрсене сутма чарасси çинчен тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕринпе тунă килĕшӳ тăрăх, «Богатырь» капитанĕ, пиратсене айăплас шутпа, вĕсен карапне хăваласа тытма приказ парать.

Вырăссем ответ тыттарасран хăраса, Америка пирачĕсем хăйсен ирсĕр ĕçне пытарма шутлаççĕ. «Бетси» карап капитанĕ, хăйне çăлас тесе, негрсене икшерĕн çыхса, вырăссене систермесĕр, сулахай бортран шыва пăрахма хушать.

Кĕтмен çĕртен шторм пуçланса кайнипе, вырăссен американецсене хăвалама чарăнмалла пулать. Шторм икĕ кун хушши асать. Шторм лăплансан, «Богатырь» çинчи матроссем тинĕсре мачта хуçăкĕнчен тытăнса ишсе пыракан çынна кураççĕ. Ку вăл «Бетси» карапĕ çинчи негр ачи пулнă. Вырăссем ăна хăйсен карапĕ çине илеççĕ. Малтанлăха вăл хăраса ӳкет, ютшăнать, анчах та вырăс матросĕсем пачах урăхла çынсем пулнине часах тавçăрса илет. Çак таранччен негр ачине «бой» (çын) тесе çеç чĕннĕ пулсан, халĕ ĕнтĕ ăна вырăссем Максимка тесе чĕнме пуçлаççĕ, тутлă апат çитереççĕ, тумлантараççĕ, кăмăллăн пăхаççĕ. Ашшĕ вырăнне пăхаканĕ те тупăнать. Ку вăл—вырăс матросĕ Лучкин. Максимка ăна часах хăнăхса çитет, ашшĕне хисепленĕ пек хисеплет. Вĕсем пĕр-пĕринчен уйрăлми туслашаççĕ. Горелов лейтенант пулăшнипе, Максимка темиçе сăмах вырăсла калама вĕренет.

— Максимка вырăс матросĕсене ырă ятпа асăнтăр. Кирек мĕнле пулсан та, хамăрăн-и е арапăн-и, çапах та вăл ача, ăна сиен тума памастăп,—тет Лучкин.

— Темле пулсан та—çын вăл,—теççĕ матроссем.

«Богатырь» капитанĕ, çар карапĕ çинче ют çынсене лартса çӳреме юраман пирки, Гонконг портĕнче Максимкăна акăлчан губернаторне парса хăварма шутлать. Анчах Англи консулĕ хура ӳтлисемшĕн тăрăшас çуккине пĕлсе, вăл, команда ыйтнипе, Максимкăна юнга вырăнне хăварма килĕшет. Лучкин матрос ăнсăртран американецсем патне лекет, Максимка, хăй пурнăçне хĕрхенмесĕр, ăна çăлма вырăс матросĕсене пулăшать. Максимкăна карап ячĕпе Богатырев хушамат параççĕ, вара вырăссен çар карапĕ çинче Лучкин матроспа юнашар—Максимка Богатырев—юнга строя тăрать. Çапла вĕçленет кинофильм.

Фильм историри чăнлăха тĕрĕс кăтартса парать. Фильмра пулса иртекен ĕçсем Америкăн халăхи тискер йăлисене те лайăх палăртаççĕ. Америкăра хура ӳтлĕ çынсене—негрсене — халĕ те çын вырăнне хумаççĕ, сутма та, ним айăпсăр асаплантарма е персе вĕлерме те пултараççĕ. Çынсемпе сут тăвакансен ирсĕр ĕçĕсене «Максимка» ятлă фильмра пите лайăх кăтартнă. Çак кинона курнă хыççăн, хура ӳтлĕ çынсем капитализмлă çĕршывра халĕ те асапланса пурăнни куç умне тухса тăрать.

Вырăс халăхĕ пусмăрлăхра пурăнакан çынсене ирĕке кăларма ĕлĕкренех тăрăшнă. Çынсем кирек мĕнле нацирен тухнă пулсан та, ӳт тĕсне пăхмасăрах, вĕсене вырăс çынниссем пурне те хисепленĕ. «Максимка» ятлă фильмра та вырăс матросĕсемпе офицерĕсем дисциплинăна юратни, тĕнчери çĕршывсем хушшинчи килĕшӳсене пурнăçа кĕртме тăрăшни, тĕрĕслĕхшĕн çирĕп тăни лайăх курăнать.

«Максимка» ятлă фильм чун-чĕрене хумхантаракан, паянхи Америка агрессорĕсене питлекен, вĕсене кураймасăр тăма вĕрентекен кинокартина. Ăна ачасем те, çитĕннисем те юратса пăхаççĕ.

**К. ВАСЯКОВА.**

*) К. М. Станюковичăн «Тинĕс калавĕсем» тăрăх туса хатĕрленĕ фильм. Сценарийĕ Г. Колтуновăн. Лартаканĕ Сталинла премин лауреачĕ Владимир Браун. Режиссĕрĕ Е. Брюнчугин.

## Пахча çимĕç бригадинче

СЕНТЕРВАРРИ. «Коммунизм» колхоз пахча çимĕçрен çулсеренех тупăш нумай илет. Иртнĕ çулта вăл 231 пин тенкĕ илнĕ. Кăçал вара çав тупăша 400 пин тенке çитерме палăртнă.

Çавăн чухлĕ тупăш илесси, паллах, пахча çимĕç бригади ăнăçлă ĕçленинчен нумай килет. Бригадир Е. Марков юлташ ун çинчен лайăх пĕлсе тăрать. Вăл кăçалхи тухăçлă пахча çимĕçшĕн иртнĕ кĕркуннех кĕрешӳ пуçарнă. Кĕрхи кунсенче кăçал акмалли 16 гектар чухлĕ участока тракторпа 30 сантиметр тарăнăш сухаланă. Сухалас умĕн ăçта мĕнле культура акассине шута илсе минераллă удобренисем хывнă.

Кăçал, çулталăк пуçламăшĕнче, бригадăри колхозниксемпе колхозницăсен пухăвĕ пулса иртнĕ. Унта пахча çимĕç тухăçлăхне малалла ӳстермелли майсене тĕплĕн сӳтсе явнă, татăклă обязательствăсем йышăннă. Бригада кăçал кашни гектартан купăста 350 центнер, хăяр 150 центнер, томатсем 250 центнер, кишĕр 250 центнер туса илме палăртнă.

Халĕ бригада çурхи ĕççене тума хĕрӳллĕн хатĕрленет. Ку таранччен уйхире 800 лав, парниксене 200 лав ытла тислĕк кăларнă. Ытти удобренисене пухасси те ăнăçлă пырать. Ялхуçалăх машинисене пĕтĕмпех юсанă. Парниксене юсаççĕ, çĕнĕрен тăваççĕ.

Бригадăра çурхи ĕçсен планне тунă. Çураки вăхăтĕнче камăн ăçта ĕçлемелли тата мĕн тумалли çинчен бригада членĕсем лайăх пĕлсе тăраççĕ.

**М. ТИТОВ.**

*Çураки умĕн*

## Ăмăртăва хутшăнтăмăр

КУКЕС. Чкаловски районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем 1953 çулта пĕтĕм ялхуçалăх культурисене пысăк тухăçлă туса илессишĕн тата общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессишĕн социализмлă ăмăрту сарма чĕнсе каланине Шупашкар МТС-ĕн коллективĕ ырласа йышăнчĕ. Мартăн 4-мĕшĕнче пулса иртнĕ пухура МТС-ри механизаторсем конкретлă обязательствăсем йышăнчĕç.

Тракторсемпе ялхуçалăх машинисем кăçалмалли плана вăхăтра тултарса, кăçал эпир МТС ĕçлекен колхозсенче вăтам шутпа кашни гектартан 16 центнертан кая мар тырпул туса илме пулатпăр. Çак тĕп тĕллеве пурнăçа кĕртессишĕн çине тăрса кĕрешме пулса, пирĕн МТС коллективĕ пĕрчĕллĕ тырăсене 7—10 ĕç кунĕ хушшинче акса хăварма, ирхи çĕртме тумалли плана июнĕн 10-мĕшĕнчен кая юлмасăр пысăк пахалăхпа тултарма, комбайнсемпе кĕрхи тырăсем вырмалли плана 7 ĕç кунĕ хушшинче, çурхи тырăсем вырса пухмалли плана 15 ĕç кунĕ хушшинче пурнăçлама йышăнчĕ.

Тракторсемпе, комбайнсемпе тата ытти машинăсемпе туллин усă курса, механизаторсем смена нормисене тăтăшах тултарса ĕçлеме пулаççĕ, кашни самоходнăй комбайнпа 300 гектар, «Коммунар» комбайнсемпе 180-шар гектар тырпул пухса кĕртме, 15 лаша вăйлĕ кашни тракторпа çулталăк хушшинче 500 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тума йышăнчĕç.

Пур тĕрлĕ ĕçе те вăхăтра туса иртернипе пĕрлех, горючипе сĕрмелли материалсене перекетлĕн тыткалама пулса, тракторпа, комбайнпа тата тырă çапмалли машинăсемпе тумалли ĕçсен хăйне ларакан хакне гектар пуçне пĕр тенке çити йӳнетме пулчĕç.

**П. СМИРНОВ,**
МТС директорĕ.

## Çамрăксем малта пыраççĕ

МТС механизаторĕсем хушшинчи социализмлă ăмăртура комсомолецсемпе çамрăксем паха тĕслĕх кăтартаççĕ. Канаш МТС-ĕнчи А. Захарова юлташ ертсе пыракан трактор бригади тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсамалли задание срокчен тултарчĕ. Бригадăри Е. Рахчеев, И. Капралов çамрăк трактористсем ĕçре пысăк пултарулăх кăтартрĕç, тракторсене февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне лайăх юсаса лартрĕç. Халĕ Е. Рахчеевпа И. Капралов юлташсем хăйсен тракторĕсемпе ялхуçалăх машинисене колхозсене илсе кайрĕç.

Тракторсемпе ялхуçалăх машинисене хăвăртрах юсаса пĕтерессишĕн пĕрремĕш бригадăра Морозов, Артемьев çамрăксем, вуннăмĕш трактор бригадинче А. Федоров, Ф. Николаев комсомолецсем тимлĕ ĕçлеççĕ. Вĕсем хăйсен тракторĕсене ырăпаянах юсаса пĕтерсе колхозсене илсе каяççĕ.

Çамрăк механизаторсем тухăçлă тырпул ӳстерессишĕн кăçал питĕ вăйлăн кĕрешме пулаççĕ. Комсомолец Николай Павлов иртнĕ çулта С-4 комбайнпа 500 гектар тырă пухса кĕртсе, задание 220 процент пурнăçланăччĕ. Кăçал Павлов юлташ 600 гектар çинчи тырпула вырса пухма обязательство илет. Унăн комбайнĕ кăçалхи ĕçе тытăнма халех хатĕр ларать.

**А. АНДРЕЕВ.**

# Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатассишĕн

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатса тата вĕсен тухăçлăхне ӳстерсе пырасси малашне те тĕп задача пулнине кăтартса пачĕ. Съезд выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли конкретлă майсене те палăртрĕ.

«Çак задачăна ăнăçлăн татса пама,—терĕ Г. М. Маленков юлташ хăйĕн докладĕнче,—чи малтан, пур колхозсемпе совхозсенче те выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хумалла, выльăх-чĕрлĕх валли лайăх карта-витесем тумалла, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕçе анлăн механизацилемелле. Пысăк тухăçлă, нумай тавар тата тупăш паракан выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелле».

Чкаловски районĕнчи колхозсен улăхсемпе çарансем, ятарласа кĕтӳ кĕтмелли вырăнсем çук. Ĕлĕкрех пирĕн районта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç кая юлса пынине çав сăлтавпа ăнлантарса панă. Халĕ вара малта пыракан колхозсен паха опычĕ çак сиенлĕ шухăша тĕппипех сирсе ячĕ. Улăхсемпе çарансем çук пулин те, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк ӳсĕмсем тума пирĕн пур условисем те çителĕклĕ курăнчĕ. Çав майсемпе тĕрĕс усă курма пĕлни кăна кирлĕ.

Район 1952 çулта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме государство панă плана пур выльăх енĕпе те иртерсе тултарчĕ. Юлашки тăватă çул хушшинче районти колхозсенче лашасемпе ĕнесен шучĕ 66 процент, сурăхсен шучĕ 36 процент ӳсрĕ. Çак вăхăтрах сыснасен шучĕ икĕ хут тата кайăк-кĕшĕк хисепĕ виçĕ хут нумайланчĕ. Уйрăм колхозсенче, сăмахран, «Правда», Ленин ячĕпе, Молотов ячĕпе тăракан колхозсенче 1952 çулта кăна ĕне выльăхсен шучĕ 30 процентран пуçласа 40 процента çити ӳснĕ. «Первомайск» тата «Красное Знамя» ялхуçалăх артелĕсенче пĕр çулталăк хушшинче лашасен шучĕ 40—46 процент ытла нумайланчĕ.

Уйрăм колхозсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли 1952 çулти минимума чылай иртерсе пурнăçларĕç. Халĕ пирĕн районти пур колхозсен те тăватшар ферма пур.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре выльăхсен ăратлăхне лайăхлатса пыни тата ама выльăхсем хĕсĕр юлассине пĕтерни пысăк вырăн йышăнать. 1952 çулта, районĕпе илсен, кашни 100 кĕсре пуçне 69 тиха, кашни 100 ĕнерен 90 пăру илнĕ. Нумай колхозсенче выльăх-чĕрлĕх хĕсĕр юлассине сахаллатрĕç, çамрăк выльăхсем чылай ытларах илеççĕ. Чкалов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнче, сăмахран, 31 кĕсререн 31 тиха, «Красное Знамя» колхозра—21 кĕсререн 21 тиха илсе ӳстернĕ. Нумай колхозсенче кашни 100 ĕнерен 90—100 пăру илсе ӳстерчĕç. Молотов ячĕпе тăракан, «Красное Знамя», «Гвардеец», «Правда» колхозсенче кашни сысна аминчен 15—18-шар çура илсе çитĕнтерчĕç.

1952 çулта выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ те ӳсрĕ. 1951 çулхипе танлаштарсан, иртнĕ çул кашни ĕнерен 308-шар литр ытларах сĕт суса илнĕ. Чылай колхозсем сĕт тухăçлăхне самаях хăпартрĕç.

Общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетни артель хуçалăхĕнче мĕн тери пысăк вырăн йышăнса тăнине малта пыракан колхозсен опычĕ лайăх кăтартса парать. «Гвардеец» колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли 1953 çулти минимума тултарнă. 1952 çулта колхоз кашни ĕнерен вăтамран 1.909-шар литр сĕт, кашни сурăхран—3,09-шер килограмм çăм илнĕ, кашни 100 ĕнерен 100 пăру, кашни 100 сурăхран 126 путек, кашни сысна аминчен вăтам шутпа 16-шар çура илсе ӳстернĕ. Колхоз 1952 çулта выльăх-чĕрлĕхрен 263 пин тенкĕ тупăш илнĕ, колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх аш, çăм тата ытти продуктсем чылай валеçсе панă.

Выльăх-чĕрлĕхрен «Восток», «Дружба», Чкалов ячĕпе тăракан колхозсем те пысăк тупăш кураççĕ. Асăннă колхозсем мĕнпур тупăшăн 40—45 процентне выльăх-чĕрлĕхрен илеççĕ.

Наука çитĕнĕвĕсемпе, малта пыракансен опычĕпе усă курса, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри уйрăм работниксем тата та пысăкрах çитĕнӳсем турĕç. 1952 çулта «Гвардеец» колхозри доярка П. Заплаткина юлташ хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен вăтам шутпа 1.958-шар литр сĕт суса илнĕ. «Восток» ялхуçалăх артелĕнчи свинарка Ф. Николаева юлташ хăй пăхакан 7 ама сыснаран 21-шер çура илсе ӳстернĕ. «Красное Знамя» колхозри О. Нрти телятница 15 ĕнерен 15 пăру илсе пурне те лайăх пăхса ӳстернĕ. Молотов ячĕпе тăракан колхозри стахановка Л. Исаева юлташ хăйне çирĕплетсе панă 41 сурăхран 52 путек пăхса çитĕнтернĕ. Кун пек тĕслĕхсем виç-тăват çул каялла пачах та пулман.

«Колхозсемпе совхозсенче мăйракаллă шултра выльăхăн сĕт тухăçлăхне ӳстерме,—тенĕ партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче,—выльăх-чĕрлĕх хуçалăхне тытса пырас ĕçри ытларах интенсивлă системăна—районсен уйрăмлăхĕсене кура, выльăха кĕтӳ ӳсретмесĕр пăхса усрамалли системăна малалла пурнăçа кĕртсе пыни уйрăмах кирлĕ тесе шутлас».

Пирĕн районти «Гвардеец» колхозра ĕнесем пăхас ĕçре интенсивлă системăпа усă кураççĕ; пĕтĕмĕшпе илсен, выльăха кĕтӳре ӳсретмесĕр пăхса усраççĕ. Выльăхсене кунта çулла та, хĕллехи пекех, çителĕклĕ тăрантараççĕ. Выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен бригада хăйĕн ĕçĕсене совет агробиологи наукине кăтартнă пек туса пырать. Колхоз çулсеренех выльăх апачĕ валли акакан культурăсен тухăçлăхне ӳстерет—кашни çулах гектар пуçне 400—500-шер центнертан кая мар выльăх кăшманĕ, нумай çул ӳсекен курăксем гектар пуçне 30—40-шер центнер туса илет. Колхоз силос тумалли культурăсем, курăксем, судан курăкĕ нумай акать, çулсеренех тымарçимĕç нумай лартса тăвать. Выльăх-чĕрлĕхе кĕрхи ыраш калчипе те тăрантараççĕ. Кунпа пĕрлех, кунта пĕр вăхăтрах симĕс ыраш улăмĕ тата пĕрчĕллĕ ыраш туса илмелле тăвас тĕлĕшпе опытлă ĕçсем тăваççĕ. Выльăх апачĕсен культурисене тĕрлĕ вăхăтсенче акаççĕ. Çак колхозра «симĕс конвейер» йĕркеличчен кашни ĕнерен 700—800-шер литр сĕт суса илнĕ пулнă. 1951 çулта вара, «симĕс конвейерпа» усă курнă май, сĕт тухăçлăхĕ кашни сăвакан ĕне пуçне 1.651 литра çитнĕ, 1952 çулта колхоз кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.909-шар литр сĕт суса илчĕ. Артель членĕсем 1953 çулта кашни ĕнерен 2.300-шер литртан кая мар сĕт суса илмелле тăвассишĕн кĕрешеççĕ.

«Гвардеец» артель членĕсен опычĕ ытти колхозсенче те сарăлса пырать. Районти чылай колхозсем выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тăвассишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ. Иртнĕ çул районти пур колхозсем те силос тата тымарçимĕç культурисем акмалли плана иртерсе тултарчĕç. Районĕпе илсен, 1952 çулта силос тумалли культурăсем кашни гектар пуçне 178-шар центнер туса илнĕ. Колхозсем силос хывмалли плана иртерсе тултарчĕç. Районти 18 колхозра судан курăкĕ акма тытăннă. 1952 çулта ялхуçалăх артелĕсем утă-улăм, сĕтеклĕ тата концентратлă апатсем 1951 çулхинчен чылай ытларах туса илчĕç.

Ӳсĕмсене палăртнипе пĕрлех çитменлĕхсене те асăрхамасăр хăварма çук. Хăшпĕр колхозсен руководителĕсем выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе лайăхлатма çителĕксĕр тăрăшаççĕ. Чылай колхозсенче выльăх апачĕ тума акнă культурăсене кирлĕ пек пăхса ӳстермеççĕ, çакна пула вĕсен тухăçĕ пĕчĕккĕ пулать. Выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлес ĕçе хакламаннине хирĕç çине тăрса кĕрешмелле.

Кăçал пирĕн выльăх апачĕ тумалли культурăсем акмалли лаптăка пысăклатмалла, вĕсен тухăçлăхне чылай ӳстерме тăрăшмалла. Çак ĕçе халех тимлĕн тытăнмалла. Районти нумай колхозсенче выльăх апачĕ валли акмалли культурăсен вăрлăхĕсене хатĕрлесе çитернĕ. Халĕ выльăх апачĕ хатĕрлекен бригадăсене çирĕплетсе пыраççĕ, тырпул тухăçлăхне ӳстермелли агротехникăллă ĕçсем тăваççĕ.

Выльăх-чĕрлĕхе лайăх пăхса хĕл каçарасси—пысăк та ответлă ĕç. Районти парторганизаци çак ĕçе вăйлатса пыма тăрăшать. Малтанхи вăхăтра хăшпĕр колхоз руководителĕсемпе пуçламăш парторганизаци секретарĕсем выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарассине тивĕçлипе хакламанни сисĕнчĕ, уйрăм колхозсенче çамрăк выльăхсем вилкелени те пулчĕ. Парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ çак çитменлĕхе пĕтерме, выльăх-чĕрлĕхе лайăххрах пăхса хĕл каçармалла тума хăшпĕр тивĕçлĕ ĕçсем туса иртерчĕç. Фермăсенчи ĕçе лайăхлатасси çинчен 1952 çулхи ноябрь уйăхĕнче район Совечĕн исполком сессийĕнче тата декабрь уйăхĕнче—парти райкомĕн пленумĕнче сӳтсе яврăмăр. Райкомăн пленумĕ фермăсенчи ĕçсемшĕн кашни пуçламăш парторганизаципе кашни коммунистăн ответлăхне ӳстерме решени йышăнчĕ. Кун хыççăн çак ыйтăва колхозсенчи парторганизацисенче тата колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче сӳтсе явнă, ятарласа выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри работниксемпе колхоз руководителĕсен тата ялхуçалăх специалисчĕсен районти канашлăвне иртертĕмĕр. Юлашки вăхăтра райсовет исполкомĕн тата парти райком бюровĕн ларăвĕсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕç мĕнле пыни çинчен тăтăшах сӳтсе яватпăр.

Ытти ĕçри пекех, выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçре те кадрсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Парти райкомĕ ферма работникĕсен пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе семинарсем иртерес ĕçе пуçарчĕ. Семинарсене дояркăсем, свинаркăсем, сурăх пăхакансем тата кайăк-кĕшĕк пăхакансем валли уйрăммăн иртереççĕ. Çак семинарсем выльăх-чĕрлĕх пăхакансен пĕлĕвне ӳстерес тата малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

Фермăсенче ĕçлеме коммунистсемпе комсомолецсене чылай уйăрса лартнă. Вĕсенчен хăшпĕрисем ферма заведующийĕсем пулса ĕçлеççĕ, мĕнпур колхозниксене лайăх пример кăтартаççĕ. Выльăх-чĕрлĕх пăхакансем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлă сарма тăрăшатпăр.

Колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тата И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генийллĕ ĕçне ĕçсыннисене ăнлантарса парас тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлеççĕ. Çакă вăл, мĕнпур ĕçсыннисен вăйхалне çĕклентернĕ пекех, выльăх-чĕрлĕх пăхакан работниксене те çĕнĕ ӳсĕмсем тума хавхалантарать.

Колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем, политикăллă-массăллă ĕç тунипе пĕрлех, организациллĕ ĕççенче те пуçарулăх кăтартаççĕ. «Восток» колхозри пуçламăш парторганизаци колхозра выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе лайăхлатмалли ыйтусене тăтăшах парти пухăвĕсенче сӳтсе явать, фермăсенче ĕçлекен коммунистсен отчечĕсене итлет. Пуçламăш парторганизаци пуçарнипе колхозра выльăх-чĕрлĕх пăхакансен канашлăвĕсене тăтăшах иртереççĕ.

Малта пыракан опыта сарас шутпа парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ колхоз кадрĕсене экскурсисене çӳретес ĕçе йĕркелерĕç. Колхоз председателĕсемпе ферма работникĕсем малта пыракан «Гвардеец» колхозра тăтăшах пулса кунти лайăх опытпа паллашаççĕ. «Гвардеец» колхозăн опычĕ çинчен ытти колхозсенчи пуçламăш парторганизацисенче сӳтсе явни те ĕçре пысăк пулăшу парать.

Фермăсенчи лайăх ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркене çирĕппĕн пурнăçласа пыни пысăк вырăн йышăнса тăрать, колхозниксене хавхалантарать. Нумай колхозсенче çак йĕркене тĕрĕс пурнăçа кĕртеççĕ. Сăмахран, Чкалов ячĕпе тăракан колхозри Мулюков аслă конюха хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх 3 центнер тырă панă, «Восток» колхозри Ф. Николаева свинарка 8 сысна çури илме тивĕçлĕ пулчĕ. Кун пек тĕслĕхсем сахал мар кăтартса пама пулать. Анчах та хăшпĕр колхозсенче лайăх ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркене тĕплĕн пурнăçласа пымаççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре тунă хăшпĕр ӳсĕмсемпе пĕрлех çитменлĕхсемпе йăнăшсем те сахал мар-ха. Вăл çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерсе пыни кирлĕ.

Пирĕн районти выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри работниксем 1953 çулта чылай пысăкрах обязательствăсем илчĕç. Районти парторганизацин çав задачăсене пурнăçласа тĕлĕшпе мĕнпур колхозниксен социализмлă ăмăртăвне ытларах сарса пымалла, выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне ӳстерес ĕçре татăклă улшăну тумалла.

**П. ТИМОФЕЕВ,**
КПСС Чкаловски райкомĕн секретарĕ.

# Буржуалла философи—Америка империализмĕн наркăмăшлă хĕçпăшалĕ

США тĕнчери реакципе агресси центрĕ пулса тăчĕ. Мирпе демократи ĕçĕн, халăхсен ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕн тĕп хăрушлăхĕ халĕ США-ран тухса тăрать. Америка империализмĕ пĕтĕм тĕнчипе пуç пулса тăрас тесе хăйĕн авантюристла, пур-пĕрех путланса лармалли ĕмĕтне çине тăрса пурнăçласа пырать. Вăл тĕнчери халăхсен эксплуататорĕ тата пусмăрçи, тĕнчери ирĕклĕхе пĕтерсе тăкма тата пур çĕрте те фашизм йĕрки туса хума тăрăшакан жандарм пулса тăрать.

США империалисчĕсем хăйсен ухмахла тĕллевне пурнăçа кĕртес ĕçре тĕнчери реакци арсеналĕнчи мĕнпур майсемпе — англо-саксла расизмпа тата космополитизмпа, сутăнчăк прессăпа тата буржуалла искусствăпа, троцкизмпа тата буржуаллă национализмпа, Ватиканпа тата сионизмпа усă курассĕ. Халăхăн анлă массисене улталас тата шухăш-кăмăл тĕлĕшĕнчен пăсса ярас тесе, вĕсем мĕнпур киревсĕр майсемпе усă курассĕ. Тĕпĕ-йĕрĕпех çĕрсе пĕтнĕ, истори пурĕ пĕрех вилĕм пурнĕ империалистла чуралăх йĕркине çирĕплетес тата вăл лайăх пулнă пек туса кăтартас тесе, халĕ сутăнчăк экономистсене, правоведсене, социологсене, философсене, морганистсене, пупсене ĕçлеттерессĕ.

Уолл-стрит умĕнче йăпăлтатса тăранса пурăнакансен çарĕнче США-па Англири хальхи идеалистла философи представителĕсем, наукăна хирĕçле тĕрлĕрен суя теори саракансем уйрăмах паллă вырăн йышăнса тăрассĕ. Буржуалла философи Америка миллиардерĕсемпе миллионерĕсен питех те киревсĕр тата сутăнчăк тарçи пулса тăрать. Буржуалла философи халăх массисен ăс-тăнне улталпа наркăмăшлама, империализмăн тискер-кайăкла законĕсене тÿрре кăларма, тĕнчери çĕнĕ вăрçă кирлине тата капитализм стройĕ çирĕп пулнине «идея» тĕлĕшĕнчен никĕслесе кăтартма тăрăшать.

## I.

Америкăри ку чухнехи империалистла философире Америка империализмĕн наркăмăшлă хĕçпăшалĕ—прагматизм (грексен прагмадействи, практика сăмахĕнчен пулнă) чи ытларах сарăлнă юхăм шутланать.

В. И. Ленин хăйĕн «Материализм тата эмпириокритицизм» ятлă гениллĕ ĕçĕнчех çапла кăтартса панă: прагматизм вăл—историллĕ çĕнĕ условисенче кивĕ субъективлă-идеалистла философиллĕ çÿпçапа тепĕр хут туртса кăларни пулса тăрать; XIX-мĕш ĕмĕрте ăна нимĕç философĕсем Мах, Авенариус тата ыттисем те сарнă.

Прагматистсем объективлă чăнлăх пуррине йышăнмассĕ. Вĕсен теорийĕ тăрăх, пур явленисем те пурнăçра, çутçанталăкпа обществăра пулса пыракан законсене пăхăнса мар, субъект ăнсăртран тăвас килнипе пулассĕ имĕш. Чăннипе вара пур явленисем те пурнăçри, çутçанталăкпа обществăри законсем тăрăх пулса пырассĕ, çын çав законсене пăрахăçлама та, улăштарма та пултараймасть, вĕсене çын тĕпчесе пĕлме тата вĕсемпе хăйĕн тĕллевĕшĕн усă курма çеç пултарать.

Прагматистсем объективлă чăнлăх пуррине йышăнмассĕ. Вĕсен шучĕпе, пуç пулса тăракан классемшĕн мĕн усăллă, вĕсемшĕн мĕн юрăхлă, вĕсене ăнăçлăх тума мĕн пулăшать, çавă кăна чăнлăх пулса тăрать. Урăхла каласан, вĕсем империалистсемшĕн усăллă кирек мĕнле ултавпа элеке те чăнлăх тесе йышăнма хатĕр.

Анăçлăхпа усăллăх идеи—прагматизмăн суя вĕрентĕвĕнче тĕп идея пулса тăрать. Прагматистсем çутçанталăк, общество тата çынсем хушшинчи хутшăнусем çинчен калаçнисене пурне те çак идея витĕрех çапнă.

Наукăна прагматистсем вăл чăнлăха тĕрĕс çутатса панă пирки мар, Америка монополисчĕсемшĕн усăллă пулнă пирки чăн тесе шутлассĕ. Прагматистсем наукăна практикăллă искусство тесе, унсăр халăхăн ытларах пайне эксплуатацилесе тата чухăнлатса пысăк услам илме май çук, атомлă бомба тума май çук, çынсене газсемпе тата бактериллĕ хĕçпăшалпа вĕлерсе пĕтерме май çук тесе шутлассĕ. США империалисчĕсене хăйсен тĕнчипе пуç пулса тăмалли ухмахла планне пурнăçлама мĕн пулăшать, çавна прагматистсем наука тесе йышăнассĕ, çавна тума мĕн чăрмантарать, ăна прагматистсем наука тесе шутламассĕ.

Прагматистсем тĕне те чăн тесе ĕнентерме тăрăшассĕ, мĕншĕн тесен вăл монополистсене пулăшса тăрать. Ку чухнехи прагматистсен пуçлăхĕ пулнă Дьюи ĕçне малалла туса пыракансенчен пĕри — Моррис çапла каланă: тĕн «çынсене мĕнле кирлĕ тесе шутланă, çавăн пек тыткалаттарать», урăхла каласан, вĕсене пĕтĕмпех Америка монополисчĕсене пăхăнса тăма хĕтĕртет, халăха ултала, капиталиамлă чуралăха хирĕç кĕрешес ĕçрен пăрса яма пулăшать.

Прагматизм Америка захватчикĕсен пĕтĕм дипломатийĕн никĕсĕнче тăрать, çав захватчиксем вара халăхсем хушшинчи договорсене, конвенцисене, килĕшÿсене нимĕн пăхмасăр таптаса тăкассĕ, США-па пăхăнса тăракан çĕршывсене вăйпах хăйсен политикине пурнăçлаттарассĕ. Америкăри пуç пулса тăракан классăн мĕн усăллине пурне те прагматистсен пĕр вăтанмасăрах чăнлăх тесе ят парассĕ, ăна вара тĕнчери пур халăхсен те нимĕн калаçса тăмасăрах йышăнмалла иккен.

Прагматистсем — ĕçсыннисене пусармалли фашистла меслетсене саракансем, демократин хаяр тăшманĕсем. Ахальтен мар ĕнтĕ Дьюи хăйĕн «Проблемы человека» ятлă кĕнекинче, Муссолини обсрфашистпа килĕшсе, демократи хăйĕн ĕмĕрне пурăнса иртгернĕ тата халĕ вăл кирлĕ мар, тесе çырать. «Ирĕклĕх,—тет Дьюи,—кивелнĕ термин пулса пырать... Ирĕклĕх этемĕн органикăллă сыхăнса тăракан япали тесе шутланине теорире те, практикăра та сирсе пăрахас пулать».

Прагматистсем халăха ирĕксĕрлесе пăхăнтарма хушассĕ, çакна вара монополистсен влаçне сыхласа хăвармалли тата çирĕплетмелли чи шанчăклă май тесе шутлассĕ. Ют территорисене тытса илес, халăхсене пусмăрласа çаратас тĕллевпе туса иртгерекен вăрçăсене прагматистсем пурнăçра пурĕ-пĕрех пулмалла тесе палкассĕ. Прагматистсем вăрçă «çынсем çапăçма юратнинчен килет, вăл этемлĕх природинчен хăйĕнчен тухса тăракан элемент пулать, тессĕ. Уолл-стрит хуçисем пĕтĕм тĕнчипе пуç пулса тăмалла тăвас тĕллевпе урса кайсах тĕнчере çĕнĕ вăрçă пуçласа яма чĕннине прагматистсем «турă сасси» тесе шутлассĕ.

Прагматистсем вĕсем—философири черносотенецсем. Вĕсем—Совет Союзĕн, халăх демократи çĕршывĕсен, пĕтĕм тĕнчери миршĕн пыракан юхăмăн хаяр тăшманĕсем, малта пыракан пĕтĕм этемлĕхĕн тăшманĕсем. Прагматистсем—атомпа доллар «демократине» мухтакансем, çĕр çинче мĕнпур малта пыраканнине, прогресснине çав тери курайман троцкистлафашистла, сионистла вăрă-хурахсем прагматистсен идейисемпе тăранса пурăнассĕ. Вĕсен çынна курайманлăхпа наркăмăшланă философийĕпе Америка империализмĕ хăй тĕнчипе пуç пулса тăрассишĕн кĕрешес ĕçре активлă усă курать.

## II.

Халăха идеологи тĕлĕшĕнчен пусмăрлакан хура ĕçре прагматизмăн чи çывăх помощникĕ—персонализм (латинсен персона—личность сăмахĕнчен тухнă) — Америкăри ку чухнехи реакциллĕ идеализмăн чи усă форми пулса тăрать.

Çак ушкăнри философсем ÿссăнах наукăна хирĕç пырассĕ, тĕне тата поповщинăна хÿтĕлессĕ. Вĕсем—наукăн тата материалистла мировоззренин хаяр тăшманĕсем. Персонализм представителĕсем—Ройс, Флюеллинг, Брайтмэн, Хоккинг тата ыттисем те. Вĕсем тĕнчене турă пуçласа янă, унăн личнăй (персональнăй) природи пур тесе çирĕплетессĕ.

Персоналистсем вĕсем «личность» (этем) ăнланăвĕпе витĕнсе киревсĕр ĕçсем тăвассĕ. Вĕсем хăйсене этем ирĕклĕхне хÿтĕленĕ пек, çынсен ирĕклĕхне çутçанталăкпа обществăран та çÿлерех хунă пек кăтартассĕ. Анчах çакна вĕсем капитализмлă тĕнчери ахаль çынсен рольне ÿстерме тумассĕ. Çук. Çакăнпа вĕсем США-ра тата ытти буржуалла государствăсенче ĕлĕкхи демократиллĕ «ирĕклĕхсен» юлашкине те пĕтерсе тăкнине, фашистла йĕркесем туса хунине пытарма хăтланассĕ.

Персоналистсем — фашизма хĕрÿллĕн пулăшакансем. Хăй вăхăтĕнче вĕсем Гитлера мухтанă, ăна «арийц-персоналист» тесе ят панă, халĕ вĕсем англосаксссен фашизмне мухтассĕ, США Корейăра вăрă-хурахла тискер вăрçă туса пынине тÿрре кăларассĕ. «США пуç пулса тăнипе пĕтĕм тĕнче космополитизмне» туса хурас шухăша сарса, персоналистсем Уолл-стрита «турă ячĕпе» тĕнчери мĕнпур çĕршывсемпе халăхсем тĕлĕшпе хăйĕн диктатурине туса хума чĕнессĕ.

## III.

Америкăпа Англири ку чухнехи буржуалла философире наука ячĕпе витĕнекен, демократи сăн-пичĕ хыçне пытанса тăракан идеалистла тĕрлĕ юхăмсем те анлăн сарăлнă. Идеалистла философин хăйне уйрăмлăхĕсенчен пĕри—«неореализм» текенскер пулса тăрать. Унăн чи паллă представителĕсем Америкăра — Монтегю, Перри, Сполдинг, Холт тата Англире — Рассел, Уайтхед, Александер.

Неореалистсен философийĕ XIX-мĕш ĕмĕрĕн юлашки чĕрĕкĕнче сарăлнă махистла философине тата Америкăпа Англири буржуалла философире анлăн сарăлнă логикăллă позитивизма çывăх тăрать.

В. И. Ленин хĕрĕх çул каялла философири çав ирсĕрсене, кашни уйрăм ыйтура материалистла тата идеалистла енсене пăтраштарнă реакциллĕ юхăмсене тивĕçлĕ хак панă. «Махистсем», «реалистсем», «позитивистсем»,—тенĕ Ленин,—пĕртен-пĕр тĕллевпе: хăйсен идеализмне пытарас тата ăна ютпарулă туса кăтартас тĕллевпе материализмпа идеализмран «çÿлерех» çĕкленме хăтланассĕ.

Неореализм представителĕсем наукăллă ăнланусене идеалистла пăсса кăтартнипе, наукăллă ăнланусенчен кирек мĕнле объективлă содержание те кăларса пăрахнипе, тĕне чăн пек туса кăтартнипе тата историллĕ чăнлăха киревсĕррĕн пăсса кăтартнипе палăрса тăрассĕ. Неореалистсем ăс-тăн, логика, наука рольне пĕчĕклетсе кăтартассĕ, тĕшмĕше çине тăрсах сарассĕ, çынна курайман расистла тата космополитла киревсĕр шухăша активлăн саракансем пулса тăрассĕ.

Америкăпа Англири неореалистсем хушшинче Рассел лорд—малта пыракан пĕтĕм этемлĕхĕн хаяр тăшманĕ, суя ученăй, малта пыракан демократиллĕ мĕнпур ĕçсене курайманскер,—паллă вырăн йышăнса тăрать. Хăйĕн нумай ĕçĕсенче вăл философипе наукăна прогреса хирĕç ĕçлеттерессĕн тата çавăнпа вара пĕлÿпе прогресс тăшманĕсене хĕçпăшаллантарассăн.

Малтан матери, унтан ăс-тăн пулса кайни çинчен, объективлă, урăхла каласан, этеме тата этем ăс-тăнне пăхăнса тăман законсем пурри çинчен материализм вĕрентекен чăнлăха наука та, çынсен практики те пĕтĕмпех çирĕплетсе кăтартнă ĕнтĕ. Çапах та Рассел тĕнчери мĕнпур япаласен чи малтанхи никĕсĕ матери мар, природа мар, этем ăс-тăнĕ пулса тăрать, тесе çирĕплетме хăтланать.

Неореалистсем çак идеалистла тĕрĕс мар шухăша, нимĕн шутласа тăмасăрах, наукăн юлашки çитĕнĕвĕсенчен тухса тăракан «философиллĕ аслă открыти» тесе ят парассĕ. Махизм тата ытти субъективлă-идеалистла юхăмсем юри шухăшласа кăларнисем тĕрĕс мар пулнине тăрă шыв çине кăларса, В. И. Ленин çапла çырнă: «...япаласем, среда, тĕнче пирĕн туйăмсене, пирĕн ăс-тăна, пирĕн Эпĕ тенине тата этеме пĕтĕмĕшпех пăхăнса тăмасăр пурăнассĕ... Пирĕн туйăмсем, пирĕн ăс-тăн тулашри тĕнчен сăнарĕ кăна пулса тăрать...» (Соч., 14 том, 57 стр.).

Сталин юлташ çапла вĕрентет: çынсем реальнăй тĕнчене тата унăн закономерносĕсене тĕпчесе пĕлме тата «вĕсем çине таянса, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма пултарассĕ. Анчах çынсем вĕсене «тума та», вĕсене «улăштарма та» пултараймассĕ.

Наукăна, материализма тата прогреса хирĕç кĕрешсе, Рассел тата унăн пулăшаканĕсем тĕнчене тĕпчесе пĕлме май çук текен идейăна çине тăрсах сарассĕ. Вĕсем çапла çирĕплетессĕ: çынсем физикăллă тĕнчене субъективлă формăпа çеç туйса ăнланса илессĕ, çавăнпа та çынсем хăйсен ăс-тăнĕнчи япалана çеç пĕлме пултарассĕ, ăс-тăн тулашĕнчине вара пĕлме пултараймассĕ имĕш. Америкăпа Англи империалисчĕсен шанчăклă тарçисем пулса тăракан неореалистсем çутçанталăкпа обществăри закономерносене тĕпчесе пĕлме май пуррине ĕненни халăх массисене тĕнчене улăштарса çĕнетме кирлине, капитализма тата унăн çынна курайман идеологине яланлăхах пĕтерсе тăкма кирлине ăнланса илесси патне илсе çитересрен хăрассĕ. Наукăна хирĕçле идейăсем сарнипе неореалистсем халăха деморализацилеме, ăна миршĕн кĕрешес ĕçрен пăрса яма, вăл хăйĕн вăйĕсем çине шанса тăрассине пĕтерме хăтланассĕ.

Расселпа ытти неореалистсен наукăна хирĕçле философиллĕ шухăшĕ вĕсен обществăллă тата политикăллă питех те реакциллĕ шухăш-кăмăлĕсен никĕсĕ пулса тăрать. Рассел çапла çырать: вылăхла инстинктсем çынсем хăйсене мĕнле тыткаланин тата вĕсен пĕтĕм обществăллă пурнăçĕн никĕсĕнче тăрассĕ, тет. Этемлĕхĕн пĕтĕм историне вăл çав инстинктсем палăрнин результачĕ пулнă пек туса кăтартать, захватчикла вăрçăсем кирлĕ пулни этемĕн чарусăр, тискер природинчен килет, тесе палкать.

Вăрă-хурахла вăрçăсене пур майсемпе те мухтаса, Расселпа унăн тусĕсем: çав вăрçăсем çынсем пурăнмалли йĕркеллĕ условисем пулса тăрассĕ çеç мар, вĕсем—прогресс вăйĕ, аталанăвăн чăн-чăн сăлкусĕ пулса тăрассĕ, тесе сухрашассĕ. «Чи малтанхи кунсенчен пуçласа ку чухнехи вăхăта çитиччен вăрçă обществăн тĕп двигателĕ пулса тăнă»,—тет Рассел. Неореалистсем общество идеалне мĕнпур халăхсемпе государствăсене США империалисчĕсене пăхăнтарнинче курассĕ. Этемлĕх умĕнче çакăн пек дилемма (икĕ решенирен пĕрне суйласа илесси) тăрать: е çĕнĕ вăрçă пулмалла, е мĕнпур çĕршывсенчи халăхсен Америка империализмне пăхăнмалла, тессĕ вĕсем. Киревсĕр Рассел çапла çирĕплетсе калать: халĕ «тĕнчене вăрçă хăрушлăхĕнчен хăтармалли пĕр май çеç пур, çакă вăл—тĕнчере пĕртен-пĕр хĕçпăшаллă вăй»—империалистла Америка вăйне туса хурасси пулать, имĕш.

Уолл-стритпа Сити монополисчĕсен директивисене пурнăçласа, Расселпа унăн тусĕсем Америкăпа Англири вăрçă пуçаракансем ССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç тунă агрессиллĕ блоксемпе союзсене çирĕплетнине тата сарнине хÿтĕлессĕ. Вĕсем США-н агрессиллĕ политикине мухтассĕ, агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика пактне тÿрре кăларассĕ, Англири пуç пулса тăракан ушкăнсен консервативлă политикине хĕрÿллĕн хÿтĕлессĕ, ССР Союзне хирĕç халех вăрçă пуçлама чĕнессĕ. Вĕсем Америкăпа Англири вăрçă пуçаракансене мире юратакан этемлĕхе вĕлерсе пĕтерес ĕçре атомлă бомбăпа та, химиллĕ тата бактериллĕ хĕçпăшалсемпе те пĕр йĕрĕнсе тăмасăр усă курма чĕнессĕ. «Эпĕ атомлă вăрçа тÿрре кăларма пулать тесе шутлатăп...»,—тесе çырать Рассел. «Бактериллĕ вăрçăн усă курман майĕсем çинчен те манмалла мар».

Çакнашкал ĕнтĕ Америкăпа Англи империализмĕн философири тарçисен тискер-кайăкла сăн-пичĕ.

**П. ТРОФИМОВ,**
Философи наукисен кандидачĕ.

# Корейăри ĕçсем

## ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Зенитнăй чăсĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн виçĕ самолетне персе ÿкернĕ.

## Америка авиацийĕ Корея хулисемпе ялĕсем çине тискеррĕн тапăнать

ПХЕНЬЯН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ çаплах Çурçĕр Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине тискеррĕн тапăнать. Мартăн 4-мĕшĕнче 7 йывăр бомбардировщик Пхеньян çывăхĕнчи Тэтхенри ял çине хаяррăн тапăннă. Çак пысăках мар ял çине 100 ытла фугаслă пысăк бомбăсем тата вут тивертекен, çурăлса каякан бомбăсем нумай пăрахнă. Хресченсен çурчĕсене нумайăшне ишĕлтернĕ. Мирлĕ халăх хушшинче вилнисем нумай.

Февралĕн 28-мĕшĕ умĕнхи каç Америка самолечĕсем Ентан уездĕнчи Чжунканри ялĕ çине йышлăн пырса тапăннă. Ял çине темиçе çĕр бомба пăрахнă.

Мартăн 1-мĕшĕнче Америка самолечĕсем Хванхэ провинцийĕнчи Коксан уездĕнчи Хонсури ялĕ çине фугаслă бомбăсем тата мина-бомбăсем темиçе çĕр пăрахнă.

Мартăн 4-мĕшĕ умĕн çĕрле Америка бомбардировщикĕсем Хванчжу çине тата Саривоньпе Хэчжу хулисем çине бомбăсем пăрахнă.

Американецсем мина-бомбăсем пăрахса Çурçĕр Корейăри хуласемпе ялсенче пурăнакан мирлĕ халăха вĕлерсе пĕтерессшĕн. Мина-бомбăсене тĕрлĕ япаласем евĕрлĕ туса хатĕрленĕ. Вĕсем çын е выльăх пырса лекнипех çурăлса каяççĕ, Интервентсем çураки ĕçĕсене иртгерме кансĕрлес тĕлĕшпе хресченсен уй-хирĕсем çине мина-бомбăсем нумай пăрахассĕ.

## Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Геройĕ

ПХЕНЬЯН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсенче Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Верховнăй Халăх Пухăвĕн Президиумĕ Ким Сен Чжин ефрейтора Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Геройĕ ятне памалла тăвасси çинчен кăларнă указа пичетленĕ. Кăçалхи январĕн 8-мĕшĕнче Ким Сен Чжин ефрейтор хăй вăхăтĕнче Совет салтакĕ Александр Матросов тунă паттăр ĕçе тепĕр хут тунă. Вăл хăйĕн кăкăрĕпе Америкăн йывăр пулеметне хупланă. Çакăн чухне 11 çĕртен пульăпа аманнă. Ăна хăйĕн юлташĕсем çăлса хăварнă. Халĕ вăл госпитальре выртать.

## Тыткăна илнĕ çар çыннисене американецсем тискеррĕн вĕлерессĕ

ПЕКИН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Кăçалхи февралĕн 28-мĕшĕнчен пуçласа мартăн 3-мĕшне çитиччен американецсем, хăйсем пĕлтернĕ тăрăхах, Корейăн тыткăна илнĕ 15 çар çыннине вĕлернĕ тата амантнă.

Февралĕн 28-мĕшĕнче тыткăна илнĕ пĕр çынна вĕлернĕ. Мартăн 1-мĕшĕнче тыткăна илнĕ 10 çынна вĕлернĕ тата амантнă. Американецсем хăйсен çакнашкал тискер ĕçĕсене тыткăна илнĕ салтаксем хăйсем пĕр-пĕринпе çапăçса вилнĕ пек кăтартма пăхассĕ. Çак майпа вĕсем ответлăха хăйсем çинчен сирсе ярасшăн. Анчах американецсем суйса калани никама та улталас çук. Ли Сын Ман çарне вăйпа илнĕ, каярахпа Корейăпа Китай чăçĕсен аллине тыткăна лекнĕ çар çыннисем американецсем тăвакан тискер ĕçсене тăрă шыв çине кăларнă ĕнтĕ. Американецсем тыткăна илнĕ çар çыннисене Ли Сын Ман агенчĕсем урлă пусмăрлассĕ.

Мартăн 1-мĕшĕнче Кочжедо утравĕ çинче Америкăн хурал тăракан салтакĕ «лагерь карти çумĕнче утса çÿренĕшĕн» тесе тата тепĕр тыткăна илнĕ çар çыннине персе пăрахнă. Мартăн 2-мĕшĕнче Кочжедо утравĕ çинче пĕр çынна амантнă, Понгам утравĕ çинче тепĕр çар çыннине амантнă. Мартăн 3-мĕшĕнче Йончходо утравĕ çинче тепĕр çар çыннине вĕлернĕ.

Америка лагерĕсенче çакăн пек юнлă ĕçсем туни вăл—Америка интервенчĕсем тыткăна илнĕ çар çыннисене хăйсем патĕнче тытса чарас тĕллевпе вĕсене хăратма пăхни çинчен калать.

ЛОНДОН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Токио хулинчи корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Кочжедо утравĕ çинче тыткăна илнĕ Çурçĕр Корейăн икĕ салтакне йывăр амантнă.

## „Пусмăрçăсен интересĕсене хÿтĕлеме пĕр салтак та памастпăр“

КАИР, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). «Аль мысри» хаçат, хĕвеланăçĕнчи державăсем Англи салтакĕсене Египетран илсе тухса кайни вырăнне Египета хăйне «Вăтаçĕрхĕвелтухăç командованине» кĕртме хăтланни çинчен чарăнса тăрса, çапла çырать: Египет халăхĕ Египета хĕвеланăçри державăсемпе нимĕнле союз та тутарасшăн мар.

«Çук, эпир пусмăрçăсен интересĕсене хÿтĕлеме пĕр салтак та памастпăр,— тет хаçат.— Пирĕн позици çакăн пек: эпир çапăçăва хутшăнасшăн мар. Эпир çавăн пекех тата хамăр çĕршыва хамăрăн ачасем вилсе пĕтмелли вăрçă хирĕ туса хурасшăн мар».

## Дани фолькетингĕнче

КОПЕНГАГЕН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 3-мĕшĕнче фолькетингра (парламентăн кĕçĕн палати.—**Ред.**) çĕнĕ конституци проектне виççĕмĕш хут сÿтсе явнă.

Дани çĕршывĕн çĕнĕ конституци проектне буржуаллă партисем хушшинче килĕшсе таталнă тăрăх январь уйăхĕн пуçламăшĕнче туса хатĕрленĕ. Унта, хальхи вăхăтра вăй илсе тăракан 1915 çулхи конституципе танлаштарсан, пысăк улшăнусем кĕртнĕ. Çĕнĕ конституци тăрăх, уйрăммăн илсен, икĕ палатăллă система вырăнне пĕр палатăллă система пулмалла тата çул тĕлĕшĕнчен суйлав цензне чакарма палăртнă.

Уйрăмах проектăн 20-мĕш статьинче пысăк улшăнусем пур. Çак статья тăрăх, ригсдаг (парламент.—**Ред.**) государствăн ĕç тăвакан тата законсем кăларакан влаçĕн полномочийĕсен пĕр пайне «пĕтĕм тĕнчери влаçсем» тенĕскерсене пама пултарать. «Пĕтĕм тĕнчери влаçсем» тесе Пĕрлешнĕ нацисен организацине, агрессиллĕ Атлантика союзне тата Европа советне калассĕ. Ку статья вăл, тĕрĕссипе, нациллĕ суверенитета пĕтерсе хунине пĕлтерет. Çакна Дани хаçачĕсем те йышăнассĕ.

Февралĕн 10-мĕшĕнче тата 11-мĕшĕнче çĕнĕ конституци проектне малтанхи хут сÿтсе явнă чухне буржуаллă партисен представителĕсем, вăл шутра социал-демократсем те, проекта йышăнма кирли çинчен каланă. Кĕçĕн палатăри коммунистсен фракцийĕн председателĕ Аксель Ларсен кăна, фракци ячĕпе тухса каласа, коммунистсем 20-мĕш статьяна хирĕç тăрассĕ тенĕ. Вăл çак статьяна проекта кĕртни Дани çĕршывĕпе Дани халăхне хирĕç преступлени туни пулать тесе хакланă.

Çĕнĕ конституци проектне виççĕмĕш хут сÿтсе явнă чухне Коммунистсен партийĕн фракцийĕ çĕнĕ конституцин проектĕнчи 20-мĕш статья çинчен тăракан ыйтăва, конституцие улăштармалли конституциллĕ правилăсем тăрăх, пĕтĕм халăха сасăлама памалла тесе тата тепĕр хут сĕнÿ тăратнă. Анчах та Коммунистсен партийĕн фракцийĕ тăратнă сĕнĕве фолькетингăн буржуаллă ытларахăшĕ йышăнман.

Конституцин çĕнĕ проектне юлашки хут сÿтсе явнă чухне коммунистсен фракцийĕн председателĕ Аксель Ларсен çак проекта пĕтĕмĕшле хак парса сăмах каланă. Аксель Ларсен çакна палăртнă: пĕр палатăллă система туса хуни тата çамрăкрах çынсене те суйлав прави памалла туни прогрессивлă ĕç пулать тенĕ. Вăл çапла каланă: ытти облаçсем енĕпе те хăшпĕр çитĕнÿсем тума май пулнă, анчах ун пек тума ытти партисем хирĕç тăни кансĕрленĕ. «Çаксем пурте,—тенĕ малалла Аксель Ларсен, — конституцие 20-мĕш çĕнĕ статья кĕртнипе танлаштарсан, пĕчĕк вырăн кăна йышăнса тăрассĕ. Çак статья çинчен калас килмесĕр кăна калаçрĕç. Фолькетинг йышăннă пĕтĕмĕшле закон тăрăх тулашри тата шалти политика енĕпе пĕтĕм ĕç тăвакан влаçа ют державăсен представителĕсене пама пултарни çинчен халăха пĕлтересшĕн мар. Çакă сĕнÿ вăл питех те хăрушă япала, çавăнпа та эпĕ депутатсем ăна йышăнма мĕнле хăйнине ăнланса илме пултараймастăп...

Эпир çамрăкрах çынсене, 21 çула çитнĕ çынсене суйлав прави памалла тăвассишĕн тăратпăр. Эпир пĕр палатăллă система тăвасшăн. Анчах та проектра 20-мĕш статья пур. Шăпах та çак статья пирки ĕнтĕ эпир конституци проектне хирĕç сасăлатпăр».

Çакăн хыççăн фолькетинг сасăласа çĕнĕ конституци проектне йышăннă. Конституци проектне йышăнассишĕн 131 депутат, ăна хирĕç 8 депутат (коммунистсем тата консервативлă партирен пĕр депутат) сасăланă.

Апрель уйăхĕнче парламент суйлавĕ пулмалла. Суйлав иртнĕ хыççăн çĕнĕ ригсдаг конституци проектне тепĕр хут сÿтсе явать. Çĕнĕ конституци проектне татăклăн май уйăхĕн вĕçĕнче, референдум иртгернĕ хыççăн, çирĕплетессĕ.

## Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществисен Союзĕн съезчĕ хупăннă

СОФИЯ, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществисен Союзĕн пиллĕкмĕш съезчĕ хăйĕн ĕçĕсене вĕçленĕ. Мартăн 4-мĕшĕнче пулнă ирхи тата каçхи ларусенче Союзăн Центральнăй Совечĕн отчетлă доклачĕ тăрăх пренисем пулнă. Делегатсем—рабочисен, хресченсен, интеллигенци представителĕсем Болгари халăхĕ совет халăхне вĕçĕмсĕр хытă юратни çинчен, социализм тăвас ĕçре тăванла пулăшнăшăн, совет халăхне чĕререн тав туни çинчен каланă. Съезд делегачĕсем Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи çирĕп туслăха малашне те тĕреклетсе тата вăйлатса пыма кирлине пĕр шухăшлă пулса палăртнă.

Съезд Центральнăй Советăн отчетлă доклачĕ тăрăх Центральнăй Совет ĕçне ырласа резолюци йышăннă, Союз уставне улшăнусем кĕртнĕ, ертсе пыракан органсен çĕнĕ составне суйланă. Съезд пысăк хавхаланупа мире хÿтĕлесси çинчен резолюци йышăннă.

Съезд Болгарири Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕпе Болгари министрĕсен совечĕн председателĕ Вылко Червенков патне салам яма йышăннă.

Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществисен Союзĕн Центральнăй Совечĕн çĕнĕ составĕн пленумĕ Центральнăй Советăн исполнительнăй комитечĕн председателĕ пулма Иван Пашев доктора суйланă.

## ИНДИ ХАЛĂХĔ АМЕРИКА ИМПЕРИАЛИСЧĔСЕН АЗИРИ ПОЛИТИКИНЕ ХИРĔÇ ПРОТЕСТЛЕТ

ДЕЛИ, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). «Свадхината» хаçат Америка империалисчĕсен Азири агрессиллĕ политикине хирĕç протестлесе пĕтĕм Инди çĕршывĕнче массăллă юхăм пуçланни çинчен пĕлтерет. Шалимар хулинче миршĕн тăракансен митингĕ тата демонстрацийĕ пулса иртнĕ. Америка çар планĕсене хирĕç протестлесе, Баранагарта массăллă демонстрацисем иртгернĕ.

Индири промышленность центрĕнчи — Джамшедпур хулинчи халăх урама çак лозунгсемпе тухнă: «Вăрçă тĕп пултăр!», «Корейăри вăрçа чарса лартмалла!», «Эпир Америка империалисчĕсен юнлă ĕçĕсене пурнăçлама памăпăр!», «Сывă пултăр мирпе прогресс тĕрекĕ — Совет Союзĕ!»

Хаçатсем Барракпурта, Нарикелдангра тата Индири ытти хуласенче те миршĕн тăракансен митингĕсемпе демонстрацийĕсем пулса иртни çинчен пĕлтерессĕ.

## Бирмăри вăрçă ĕçĕсем

ПАРИЖ, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви Индирен радиопа илнĕ хыпарсем тăрăх Бирмăра гоминдан бандисене хирĕç вăрçă ĕçĕсем пыни çинчен пĕлтерет. Çакă пĕлтерÿрен Бирма çарĕсем гоминдан бандисене хирĕç çаплах наступлени туса пыни курăнать.

Бирма çарĕсем Чан Кай-ши бандисем тытса илнĕ виçĕ пункт çине наступлени туса пырассĕ. Вăл пунктсем Çурçĕр Хĕвелтухăç Бирмăпа Китай хушшинчи чикĕ çывăхĕнче вырнаçнă.

## ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИРЕ ÇАР СТРОИТЕЛЬСТВИНЕ ВĂЙЛАТАССĔ

БЕРЛИН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). «Дер морген» хаçат хăйĕн корреспонденчĕ Бонран пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Бланк ведомствин (тĕрĕссипе илсен, вăл Бонри çар министерстви пулса тăрать.— **Ред.**) планĕсем тăрăх «пĕтĕмĕшлĕ договора» тата «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» çинчен калакан договора ратификацилесен, Хĕвеланăç Германире кашни çул çар строительстви валли 10 миллиард марка расходламалла пулать.

Хĕвеланăç Германири çар формированийĕсене вырнаçтарма 500 яхăн çĕнĕ казармăсем тума палăртнă. Хĕвеланăç Германири çар формированийĕсене туса хума 6—7 миллиард марка расходламалла. Çак укçана ĕçсыннисенчен налог пухса илессĕ. Ку вăл «оборона валли» тата оккупаци çарĕсене тытса тăма тухакан расходсем çумне çĕнĕ расходсем хутшăннине пĕлтерет.

«Бланк ведомстви» çак миллиардшар марка укçапа аэродромсем, стратегиллĕ çулсем, чугун çулсем, полигонсем тунă çĕрте усă курма шутлать. Çар строительствин çакăн пек планĕсем Çурçĕр Атлантика союзĕн главнăй штабĕн стратегиллĕ планĕсемпе çыхăнса тăрассĕ.

## АНГЛИ КОЛОНИЗАТОРĔСЕН ТЕРРОРĔ

ЛОНДОН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 4-мĕшĕнче колонисен министрĕ Литтлтон общинăсен палатинче çапла пĕлтернĕ: 1952 çулхи октябрĕн 20-мĕшĕнчен пуçласа 1953 çулхи февралĕн 25-мĕшне çитиччен 61.907 негра арестленĕ, вĕсенчен 3.043 çынна допрос тунă хыççăн ирĕке кăларнă. 58.864 негра «тĕрĕслеме» тесе тытса чарнă. Кун хыççăн 39 пин негра ирĕке кăларнă, 17.613 çынна суд тунă. Ытти негрсем суд пулассa кĕтсе тĕрмесенче ларассĕ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-28, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—5-61, совет строительстви пайĕ—5-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01314 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.